ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН ЧĂВАШ ОБКОМĔПЕ ШУПАШКАР ХУЛА КОМИТЕЧĔН ТАТА ЧĂВАШ АССР ВЕРХОВНĂЙ СОВЕЧĔПЕ ШУПАШКАР ХУЛА СОВЕЧĔН ХАÇАЧĔ

164 (9843) № | 1956 çулхи августăн 14-мĕшĕ, ытларикун | Хакĕ 20 пус. 39-мĕш çул тухать.

## Парти вĕренĕвĕн çĕнĕ çулне тĕплĕн хатĕрленер

Парти вĕренĕвĕн çĕнĕ çулĕ пуçламалли вăхăт çывхарса килет. Темиçе эрнерен политшкулсенче, кружоксенче, семинарсенче занятисем пуçланаççĕ, марксизм-ленинизм теорине коммунистсемпе партире тăманнисем пиншер çын харпăр хăй тĕллĕн вĕренме тытăнаççĕ. Халĕ парти организацийĕсенче кам мĕнле майпа вĕренессине палăртаççĕ. Коммунистсем иртнĕ çулхи вĕренӳ итогĕсене пăхса тухаççĕ, политикăлла вĕренĕве организацилес ыйтусене тата вĕренӳ содержанийĕ мĕнле пулмалли çинчен сӳтсе яваççĕ.

Паллă ĕнтĕ, иртнĕ çулта нумай парторганизацисенче марксистла-ленинла вĕренĕве начар мар йĕркеленĕ. Коммунистсемпе партире тăманнисем нумайăшĕ хăйсен теорилле пĕлĕвĕсене ӳстерчĕç, çав пĕлӳсемпе хуçалăхпа культура строительствинчи практикăлла задачăсене пурнăçланă чухне усă курма вĕрейчĕç.

КПСС XX съезчĕ хыççăн парти вĕренĕвĕ уйрăмах вăйланчĕ. Съезд идеологилле ĕçе лайăхлатма, ку ĕç пурнăçран уйрăм пулса пынине пĕтерме хушрĕ. Съезд решенине пурнăçласа пырса, парти организацийĕсем пропаганда ĕçне, кадрсен экономикăна вĕренессине лайăхлатрĕç. Партин XX съезчĕн решенийĕсемпе материалĕсене вĕреннĕ май коммунистсем тата партире тăман активăн анлă сийĕсем марксизм-ленинизм теорийĕне, промышленноçпа ялхуçалăх экономикин, партипе правительствăн шалти тата тулашри политикин ыйтăвĕсемпе ытларах интересленекен пулчĕç. Парти уйрăм çынна ытлашши пысăка хурас йăлапа унăн юлашкисене пĕтерессишĕн кĕрешӳ сарса ячĕ, — çакă марксизм-ленинизм теорине творчествăлла вĕренме лайăх условисем туса пачĕ.

Кунпа пĕрлех иртнĕ вĕренӳ çулĕн итогĕсем коммунистсемпе партире тăман активăн политикăлла вĕренĕве организацилес ĕçри пысăк çитменлĕхсене те кăтартса пачĕç. Чылай парторганизацисенче коммунистсен вĕренĕвне практикăлла задачăсемпе çыхăнтарман. Сăмахран, Улатăр хулинчи парторганизацире нумай коммунистсем занятисенче хулари предприятисемпе учрежденисен ĕçĕпе çыхăнса тăракан çивĕч ыйтусене сутатса памасăрах иртсе кайнă. Автотранспорт кантурĕнчи парторганизаци çумĕнчи кружок руководителĕ Шевченко юлташ «Коммунистсен партийĕн совет обществинче ертсе пырас рольне вăйлатасси» темăпа калаçу ирттернĕ чухне КПСС Центральнăй Комитечĕ партин XX съездне туса панă отчетлă докладра кăтартнă çитменлĕхсем çинчен каламицех иртерсе янă, хăйсен организацийĕн ĕçĕнчи çитменлĕхсем çинчен нимĕн те каламан,— çав вăхăтра Улатăрти автотранспорт кантурĕ плана тултарман, коллективра социализмла ăмăрту организацилемен, коммунистсем нумайăшĕ службăри ĕçсене япăх пурнăçласа пынă.

Хуçалăх ĕçĕнчи нумай руководительсен экономикăлла пĕлӳ çителĕксĕр. Çавна пула промышленность предприятийĕсен, МТС-семпе колхозсен хуçалăх ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пулаççĕ, пурлăхпа, укçа-тенкĕпе, ĕç вăйĕпе кирлĕ пек усă курмаççĕ. Çапах та чылай организацисенче коммунистсен тата ертсе пырас ĕçри мĕнпур работниксен экономикăлла пĕлĕвĕсене ӳстермелли майсемпе çителĕклĕ усă курни çук-ха.

КПСС райкомĕсемпе хула комитечĕсем нумайăшĕ пропагандистсемпе çителĕклĕ ĕçлемен, парти, совет тата хуçалăх ĕçĕнчи ертсе пыракан работниксене шкулсемпе семинарсен руководителĕсем пулма тата лекцисем вулама сахал хутшăнтарнă.

Парти вĕренĕвĕн çĕнĕ çулĕнче маларах кăтартнă çитменлĕхсем ан пулчăр тесе тăрăшмалла. Çĕнĕ вĕренӳ çулне хатĕрленсе, КПСС райкомĕсемпе хула комитечĕсен тата пуçламăш парторганизацисен коммунистсемпе партире тăман актив марксизм-ленинизм теорине вĕренес тата унăн положенийĕсене предприятисен, колхозсен тата учрежденисен ĕçĕнче пурнăçлас тĕлĕшпе активлă ĕçлемелле тăвас пулать. Парти вĕренĕвĕ—политшкулта е кружокра тата харпăр хăй тĕллĕн вĕренни те—коммунизм ĕçĕшĕн активлă кĕрешекен, ăнланулă, идейăллă çынсене воспитани парса ӳстерме пулăшмалла.

Кружоксем, шкулсем, семинарсем организацилесси тата кам харпăр хăй тĕллĕн вĕренессине палăртасси—халех тумалли ĕç. Çак ĕçе тунă чухне коммунистсен нумай тĕрлĕ ыйтăвĕсене, вĕсем мĕн чухлĕ вĕреннине, малашне мĕн вĕренме шутланине, мĕн ĕçре тăнине шута илмелле.

Марксизм-ленинизм теорине харпăр хăй тĕллĕн вĕренессине организацилесси çине уйрăмах тимлĕн пăхмалла. Паллă ĕнтĕ, ку ĕçре çитменлĕхсем нумай пулнă. Чылай парторганизацисенче харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсем хăйсемех вĕренме пултараççĕ тесе шутлаççĕ, вĕсем мĕнле вĕреннине тĕрĕслесе тăмаççĕ, вĕренӳре пулăшмаççĕ. Чылай çĕрте харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсем çинчен çулталăкра икĕ хут çеç асă илеççĕ: вĕренӳ çулĕн пуçламăшĕнче—вĕсене списока кĕртеççĕ тата вĕренӳ çулĕ вĕçленнĕ чухне—мĕн вĕреннĕ тесе ыйтаççĕ. Тăташах лекцисемпе консультацисем тата калаçусем ирттересси е урăх майсемпе вĕренме пулăшасси, мĕнле вĕреннине тĕрĕслесси çинчен вара манса каяççĕ. Çавна пула харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсен шутĕнче тăракансем нумайăшĕ вĕренмесĕрех вăхăта ирттереççĕ.

Çĕнĕ вĕренӳ çулĕнче политикăна харпăр хăй тĕллĕн вĕренме кăмăл тунă юлташсен вĕренĕвне куллен-кун ертсе пымалла, пулăшмалла, çапла вара вĕсем чăннипех вĕренччĕр, хăйсен политикăлла пĕлĕвĕсене ӳстерсе пычăр.

Парти вĕренĕвĕн çĕнĕ çулĕнче, коммунистсен шухăш-кăмăлне шута илсе, шкулсем, кружоксем тата семинарсем организацилес пулать. Иртнĕ çулхи пекех, политикăна сахал вĕреннĕ коммунистсем валли политшкулсем организацилемелле. Политшкулсем политикăна вĕренмелли малтанхи сыпăк пулса тăраççĕ. Хальхи (текущи) политикăна вĕренмелли кружоксем организацилени вырăнлă пулчĕ. Ун пек кружоксенче КПСС Центральнăй Комитечĕпе Совет правительствин постановленийĕсене, вырăнти партипе совет органĕсем йышăннă чи кирлĕ решенисене вĕренеççĕ, çавăн пекех тата вĕренекенсене Совет Союзĕнче тата урăх çĕршывсенче пулса иртекен ĕçсем çинчен каласа параççĕ. КПСС историне вĕренмелли кружоксемпе семинарсем те организацилемелле. Парти историне вĕреннĕ чухне пимрен ытларах В. И. Ленин произведенийĕсемпе, парти съезчĕсемпе конференцийĕсен резолюцийĕсемпе, партин ытти документсемпе усă курмалла пулать. Парти историйĕн Октябрь хыççăнхи тапхăрне вĕренесси, социализм строительствинче парти экономикăлла ыйтусене татса парас тĕлĕшпе мĕнле ĕçлесе пынине тата хальхи вăхăтра мĕнле ĕçленине вĕренесси тĕп вырăнта пулмалла.

Парти членĕсем нумайăшĕ марксизм-ленинизм философине вĕренесшĕн. Философие харпăр хăй тĕллĕн вĕренессине организацилемелле, çавăн пекех кружоксем е семинарсем тумалла.

Çĕнĕ вĕренӳ çулĕнче кадрсен экономикăлла вĕренĕвне пысăк вырăна хурас пулать. Экономика теорине тата экономика ыйтăвĕсене сутатса пама лекцисем тăтăшах ирттерни кирлĕ. Политэкономие тата производствăн тĕрлĕ отраслĕсен экономикине вĕренме семинарсем тата кружоксем организацилемелле. Предприятисен, колхозсен тата МТС-сен экономикăлла ыйтăвĕсене пăхса тухма экономикăлла конференцисем ирттермелле. КПСС райкомĕсемпе хула комитечĕсем çумĕнче халиччен пулнă вахăтлăх партшкулсене партипе хуçалăх активĕн икĕ çуллăх экономикăлла шкулĕсем туса хурсан вырăнлă пулать.

Парти вĕренĕвĕнче пропагандистсем тĕп вырăн йышăнса тăраççĕ. Çавăнпа та партин райкомĕсемпе хула комитечĕсен пропагандистсем уйăрас, вĕсене воспитани парас тĕлĕшпе тимлĕ ĕçлемелле, ертсе пыракан работниксене пропаганда ĕçне хăюллăн хутшăнтармалла.

Марксизм-ленинизм теорине вĕренесси—партин идейăлла пурнăçĕн чи кирлĕ майĕ. Марксизм-ленинизма вĕренессине тата ăна пропагандăлассине вăйсăрлатни парти ĕçне сиен кӳме пултарать. Уйрăм çынна ытлашши пысăка хурас йăлапа унăн юлашкисене пĕтерсе пынă май коммунистсене марксистла-ленинла воспитани пани уйрăмах кирлĕ.

Парти организацийĕсен парти вĕренĕвне организацилес тата ертсе пырса, парти членĕсене пурне те идея тĕлĕшĕнчен ӳстерсе, политика тĕлĕшĕнчен çирĕплетсе пымалла, партипе совет халăхĕ умĕнче тăракан практикăлла задачăсене пурнăçлас ĕçре вĕсен активлăхĕпе пуçарулăхне ӳстермелле.

### СУЭЦ КАНАЛĔ ÇИНЧЕН ТĂРАКАН ЫЙТУ ПИРКИ ПУХАНМАЛЛИ КОНФЕРЕНЦИЕ КАЯКАН СОВЕТ ДЕЛЕГАЦИЙĔН СОСТАВĔ ÇИНЧЕН

СССР Министрĕсен Совечĕ Суэц каналĕ çинчен тăракан ыйту пирки Лондонра пулмалли конференцие каякан Совет делегацине çирĕплетнĕ. Делегаци составĕнче—Д. Т. Шепилов (делегаци пуçлăхĕ), В. С. Семенов, Г. Т. Зайцев.

### Каменщиксен бригадинче

Шупашкарти пир-авăр комбиначĕпе юнашар карта тытса çавăрнă участокра кирпĕч тата тимĕрбетон купаласа хунă. «Т-178» кран вĕсене çурт тунă çĕре йăтса парать.

Çак вырăнта 400 çын валли пилĕк хутлă общежити пулать. Унта халĕ Н. Журавлев ертсе пыракан каменщиксем пĕрремĕш хутăн стенисене купалаççĕ.

Журавлев юлташ ертсе пыракан бригада ĕç нормине 150—165 процент таран тултарать. Ахальтен мар ĕнтĕ вăл трестри «каменщиксен чи лайăх бригади» ятне илме тивĕçлĕ пулчĕ.

# Тырпула хăвăрт, тăкаксăр пухса кĕртер!

## Кĕрхи тырăсене агротехникăлла срокра акса хăварар!

*Комбайнерсен ăмăртăвĕ*

### Хастар комбайнер

Ишлей районĕнчи «Знамя коммунизма» колхозăн анлă уй-хирĕпе иртсе пынă чухне «С-4» комбайн ĕçленĕ сасă илтĕнсе кайрĕ. Комбайн çинчи хĕрлĕ флажок лăпкă çилпе вĕлкĕшни аякранах курăнать.

Ку машинăпа МТС-ри чи ăста механизаторсенчен пĕри Иван Михайлович Кудряшов ĕçлет. Паянхи куна вăл Ворошилов ячĕпе тăракан, «Красный плуг» тата «Знамя коммунизма» колхозсене 230 гектар çинчи тырпула пĕр тăкаксăр выраса çапса панă. Колхозниксем Иван Михайлович ĕçне пысăка хурса хаклаççĕ, ăна ялавах ырă ятпа асăнаççĕ. Хăйĕн ĕçри ăсталăхне çултан-çул ӳстерсе пырать, тăваттăмĕш çул ĕнтĕ комбайнер пулса ĕçлет вăл.

— Кăçал эпĕ 400 гектар çинчи тырпула пухса кĕртме сăмах патăм. Хальхи пек ĕçлесен, илнĕ обязательствăна, паллах, ирттерсе пурнăçлатăп,—каласа парать Кудряшов юлташ.

Ĕçлессе вăл чăнах та аван ĕçлет: пĕр тăвак та тумасть. Сменăри нормăна куллен 150—190 процент таран тултарса пырать, 8 гектар вырăнне 10—16 гектар тырă вырать.

Вăл пире Етĕрнери механизаторсем хатĕрлекен шкулта вĕреннĕ чухнехи юлташĕпе, МТС-ри виççĕмĕш трактор бригадинчи комбайнерпа Василий Артемьевпа ăмăртса ĕçлени çинчен тĕплĕн каласа пачĕ.

— Социализмлă ăмăртура мала тухассишĕн вăй-хăвата шеллемесĕр тăрăшса ĕçлетĕп,—терĕ юлашкинчен Иван Михайлович.

Ăмăртура халĕ вăл малта пырать. Ахальтен мар ĕнтĕ унăн комбайнĕ çинче хĕрлĕ флажок вĕлкĕшет.

Пысăк ăсталăхпа ĕçлет вăл. Машинăпа пĕр минут та ахаль тăратмасть. Ĕçре лайăх тĕслĕхсем кăтартнăшăн çак кунсенче ăна МТС директорĕ хаклă парне панă.

Г. АНДРЕЕВ.

### Тырă вырас, авăн çапас ĕçсене хăвăртлатмалла

КАНАШ. Çанталăк начар тăрать пулин те, районти уйрăм колхозсем тырпул пухса кĕртес ĕçе лайăх пурнăçласа пыраççĕ. Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз (председателĕ Гладков юлташ) пĕрчĕллĕ тата пăрçа йышши культурăсене 70 процент таран выраса пухрĕ. Кунта авăн çапас ĕçе те лайăх йĕркеленĕ. Юлашки пилĕк кун хушшинче кăна 100 гектар çинчи тырра çапнă. Калинин ячĕпе тăракан, «Аниш», «Канаш», Ленин ячĕпе тăракан тата ытти уйрăм колхозсем тырă вырас тата авăн çапас ĕçре лайăх тĕслĕхсем кăтартаççĕ.

Пĕтĕмĕшпе илсен, районти пур колхозсенче те тырă вырас, авăн çапас ĕçсен хăвăртлăхĕсене ӳстерме майсем çителĕклĕ. Колхозсенче МТС комбайнĕсем 24, молотилкисем 13 ĕçлеççĕ. Кунсăр пуçне колхозсен хăйсен те жаткăсемпе лобогрейкăсем нумай. Анчах районта çак техникăпа çителĕксĕр усă кураççĕ-ха. Августăн 5-мĕшĕпе 10-мĕшĕ хушшинче молотилкăсемпе тата алăпа, комбайнсемпе выраса çапнине шутламасăр, мĕн пурĕ те 116 гектар çинчи тырпула çеç çапнă. Уйрăм колхозсенче молотилкăсемпе начар ĕçлемеççĕ.

«Новая жизнь» колхоз августăн 6-мĕшĕ тĕлне ыраш выраса пĕтернĕ. Ун хыççăн вара эрне хушшинче кунта 15 гектар çинчи ыраша çеç çапма ĕлкĕрнĕ. Колхозăн двигатель вăйĕпе ĕçлекен молотилки пĕр кун ĕçлет, тепĕр кун ахаль ларать. Витĕнĕ итеме авăн çапма хатĕрлесе çитермен. Артельте кĕлте кӳрес ĕç вăраххăн пырать. МТС-ăн сложнăй молотилкине эрне каялла илсе килнĕ, анчах унпа техникăлла тĕрлĕ сăлтавсене пула ĕçлеймеççĕ.

Сталин ячĕпе тăракан колхозăн икĕ молотилка пур. Вĕсене итемсем çине вырнаçтарса лартнă, анчах пĕр гектар çинчи тырпула та çапман-ха.

Артель ку таранччен пĕрчĕллĕ тырăсене çуррине ытларах кăна выраса пухнă. Государствăна тырă памалли плана 31 процент çеç тултарнă. Вăрăх çук пирки кĕрхи тырăсем акас ĕçе те кунта августăн 15-мĕшĕ хыççăн çеç тытăнма шутлаççĕ.

«Соревнование» колхоз договор тăрăх МТС хăйĕн молотилкипе 200 тонна çинчи тырпула çапса, 80 гектар çинчи тырпула выраса памалла. МТС дирекцийĕпе трактор бригадин бригадирĕ айăпĕпе вара комбайна колхоза августăн 9-мĕшĕнче, молотилкăна 10-мĕшĕнче тин илсе килнĕ. Молотилка ик-виçĕ сехетренех çĕмĕрĕлсе кайнă. Унпа халĕ те усă кураймаççĕ.

Колхоз государствăна тырă парас енĕпе те питĕ юлса пырать, кунта кĕрхи тырăсем акма та тытăнман.

Тырă вырас тата авăн çапас ĕçсене çавăн пекех Жданов ячĕпе, Киров ячĕпе, Микоян ячĕпе тăракан, «Комсомол», «Комбайн» колхозсенче те начар йĕркеленĕ. Техникăпа туллин усă курмаççĕ. Жданов ячĕпе тăракан колхозăн хăйĕн икĕ молотилка пур, анчах халĕ пĕринпе те ĕçлеме тытăнман. Çак колхозра ĕçлекен А. Павлов комбайнер «С-6» комбайнпа ку таранччен пурĕ те 73 гектар çеç тырă вырнă.

Чкалов ячĕпе тăракан тата «Коммунар» колхозсенче В. Швецовпа А. Толстов комбайнерсем самоходнăй комбайнсемпе пăтăр гектар та вырайман.

Механизаторсем хушшинче тухăçлă ĕçлекенсем те сахал мар. А. Иванов комбайнер, акă, Ленин ячĕпе тăракан колхозра 220 гектар тырă вырнă, Г. Андреев комбайнер «Искра» колхозра «С-4» комбайнпа 180 гектар выраса çапрĕ. 7-мĕш трактор бригадинчи Т. Иванов юлташ «С-6» комбайнпа 225 гектар, 12-мĕш бригадăри И. Васильев—170 гектар тырă выраса пухрĕç. Анчах вĕсен ырă опытне ытти комбайнерсем хушшинче сарас енĕпе МТС-ри парторганизаципе дирекци тата профсоюз комитечĕ нимĕн те тумаççĕ.

Тырă вырас тата авăн çапас ĕçсене начар йĕркелени ытти ĕçсене вăхăтра пурнăçлама хытах чăрмантарать. Августăн 10-мĕшĕ тĕлне районти 30 колхозран тăваттăшĕ — «Канаш», Чкалов ячĕпе, Доронин ячĕпе тăракан тата «Аниш» колхозсем çеç ыраш акма тытăннă.

Районти партипе совет организацийĕсен, уй-хирти тырпула пухса кĕртес, авăн çапас ĕçсене хăвăртлатас тесе, халех тивĕçлĕ мерăсем йышăнмалла.

Х. ЛИСИН.
(Хамăр корр.).

### Пиччĕшĕпе йăмăкĕ

ВĂРНАР. Семен Петров 1950 çултанпа—Канашри ялхуçалăх механизаци шкулĕнчен вĕренсе тухнăранпа комбайнер пулса ĕçлет. Çак вăхăт хушшинче вăл хăйĕн ĕçне лайăх вĕренсе çитнĕ, комбайнерсем хушшинчи социализмла ăмăртура çулсеренех малта пырать. Иртнĕ çулта вăл сезонра 500 тонна тырă çапнă.

Кăçал С. Петров коммунист-комбайнер Чапаев ячĕпе тăракан колхозра ĕçлет, машинăна пĕр тикĕс ĕçлеттерме, нумайрах лаптăк çинчи тырпула пухса кĕртме тăрăшать.

«С-4» комбайн тырă пуссинче хăвăртăн малалла куçса пырать. Колхозниксем Петров ĕçне пысăка хурса хисеплеççĕ. Сăлтавĕ те пур çав. Тырă вырма тухнăранпа комбайн ахаль тăни пĕрре те пулман, хăшпĕр кунсенче 20-шер гектар çинчи тырпула выраса пухнă.

— Кăçал эпир тырпул пухса кĕртнĕ çĕрте çĕнĕ меслетпе—сулса пултармалли меслетпе усă куртăмăр,—каласа парать комбайнер.

Ставрополь крайĕнчи комбайнерсен опычĕпе паллашни Петров юлташа çĕнĕ меслетĕн пахи енĕсене, вăл тырпула пухса кĕртес ĕçе хăвăртлатма, тăкаксене чакарма пулăшнине тĕплĕн ăнланса илме май панă. Вара комбайна çĕнĕлле ĕçлеме хатĕрлеме тытăннă, хедер çумне подборщик вырнаçтарса лартнă. Вăл мĕнле ĕçленине тырпул вырма тухиччен чылай маларах тĕплĕн тĕрĕсленĕ.

Ырми-канми тăрăшса ĕçлет комбайнер. Ĕçе ирхине 7—8 сехетре тытăнса, çурçĕр иртсе икĕ сехетчен тырă вырать. Комбайна техника енчен вăхăтра тĕрĕслесе тăрать.

— Кăçал 350 гектар çинчи тырпула выраса çапма обязательство илтĕм,—терĕ С. Петров юлташ.—Çак обязательствăна пурнăçлатăпах.

Агрегат çирĕп ĕç йĕркипе ĕçлет. Петров помощникĕ—хăйĕн йăмăкĕ Нина Петрова. Вăл—комсомолка, çичĕ çул вĕренсе тухнă хыççăнах комбайн çинче ĕçлеме кăмăл тунă, пĕлтĕр те комбайнер помощникĕ пулнă, хăйĕн ĕçне лайăх вĕренсе çитнĕ.

Пиччĕшĕпе йăмăкĕ, комбайна тухăçларах ĕçлеттерес тесе, кирлĕ улшăнусем тунă. Иртнĕ çул комбайнăн тырă выракан аппаратĕ çине улăм явăна-явăна тулса тухăçлăха чакарнă. Кун пирки ытти комбайнерсем те сахал мар тарăхнă.

— Мĕншĕн апла вăл, заводран кăларнă чухне ăна чухласа илеймен-ши? Ытти комбайнерсем кун пек чухне мĕн тăваççĕ?—ыйтнă йăмăкĕ пиччĕшĕнчен.

— Хăшпĕр детальсене кирлĕ пек улăштарас пулать,—ответленĕ пиччĕшĕ. Ытти комбайнерсем çавăн пек туни çинчен эпĕ сахал мар илтнĕ, хаçат-журналсенче те вуланă.

Халĕ Петров акă хăй комбайнĕ çинчи мĕнле-мĕнле улшăнусем çинчен хавхаланса каласа парать. Акă, чалăш транспортер. Ун çине улăм явăна-явăна ларсан комбайнпа тухăçлă ĕçлесси çинчен ĕмĕтленме те пулма пултараймасть. Çак çитменлĕхе пĕтерес тесе, малта вал çине çĕнĕрен виçĕ çĕçĕ вырнаçтарса лартнă. Тĕп транспортера ĕçлеттерекен вал патне туртакан звездочка лартнă. Çапла тунă хыççăн комбайн тикĕс ĕçлеме тытăннă. Мотовило çине улăм явăнса тулассран сыхланма икĕ хĕррине хӳтлĕхсем майлаштарса лартнă.

Мотор сасси пĕр пек сасăпа таврана сарăлать, комбайн çаврăм хыççăн çаврăм тăвать. Машинăна чармасăрах бункертан тырра михĕсене тултараççĕ, вĕсене малтан палăртнă вырăна хура-хура хăвараççĕ. Комбайнпа выраса çапнă тырра автомашинăсем вăхăтра итем çине турттараççĕ.

Ăнса пулнă тырпула ăнăçлă пухса кĕртме пулăшнăшăн пĕр тăван комбайнерсене колхозниксем чĕререн тав тăваççĕ.

В. МАКСИМОВ.

### Кунне 10—12 гектар

ТĂВАЙ. «Красное Сормово» колхоз уйхирĕнче иртен пуçласа каçчен «С-4» комбайн ĕçлет. Николаев комбайнер хăйĕн комбайнне талăкра 20 сехете яхăн ĕçлеттерет. Нормăпа куллен 8 гектар вырмалла пулсан, вăл 10—12 гектар таран выраса çапать. Тырă вырма тухнăранпа 200 гектара яхăн вырчĕ, вăл шутран 94 гектар ыраша çулса пăрахса пухтармалли меслетпе вырнă. Çĕнĕ меслет колхоза пысăк пулăшу пани çакăнтан лайăх курăнчĕ: подборщикла комбайнпа пухса çапнă тырра, колхоз итемне турттарса, типĕтсе вăхăт ирттермесĕр, тӳрех Канашри хатĕрлев пунктне леçнĕ. Çакă колхоза ĕçвунĕ перекетлеме, ĕçе хăвăртлатма, государствăна тырă памалли графика ирттерсе тултарма май пачĕ.

П. Николаев комбайнер, хăйĕн комбайнне лайăх юсас тесе, хĕлле МТС мастерскойĕнче нумай ĕçленĕ. Халĕ комбайн пĕрре те ванса ларнасть. Николаев комбайна ĕç вĕçленнĕ хыççăнах тĕплĕн пăхса тухать, унăн пайĕсене тĕрĕслет, тасатать, ирхине ĕçе пуçăнма хатĕрлесе хурать.

Комбайнпа çапнă тырра уйрах брезент çине сарса типĕтеççĕ. Типнĕ тырра А. Кузьминпа Н. Федоров шоферсем хатĕрлев пунктне турттарса тăраççĕ, кунне 4—5-шер рейс тăваççĕ.

Колхоз государствăна ку таранччен 100 тонна ытла тырă леçрĕ.

— Государствăна тырă памалли плана августăн 20-мĕшĕ тĕлне тултаратпăр,—тет колхоз председателĕ К. Абрамов юлташ.

Г. МАТВЕЕВ.

### Выльăх апачĕ хатĕрлесси—паян тумалли ĕç

Выльăх апачĕ хатĕрлес ĕç республикăра халĕ пур енĕпе те юлса пырать. Иртнĕ вунăкунлăхра та утă пухса кĕртес тата силос хывас ĕçре улшăну пулаймарĕ. Улăх утти çулса пухса кĕртмелли плана республика августăн 10-мĕшне 93,8 процент тултарнă пулсан, Тăвай, Вăрнар, Çĕрпӳ, Первомайски районĕсем 70—74 процент кăна тултарнă. Акнă курăксене пухса кĕртесси пушшех вăраххăн пырать. Сăмахран, Елчĕкпе Тăвай районĕсенче курăк акнă лаптăкран çуррине кăна çулса пухса кĕртме ĕлкĕрнĕ. Чăнах та, утă çулса пухса кĕртме çанталăк условийĕсем çăмăлах пулмарĕç. Çапла пулин те Канаш, Советски, Сĕнтĕр, Чурачăк районĕсем утă хатĕрлес ĕçе вĕçлесе çитерме май тупрĕç. Утă хатĕрлес енĕпе юлса пынине пĕтерес тĕлĕшпе хăвăртрах тивĕçлĕ мерăсем йышăнас пулать.

Кăçал кашни колхозрах силос тума кукуруза акнă. Кукуруза пĕлтĕрхинчен лайăх пулчĕ. Малта пыракан колхозсем темиçе кун ĕнтĕ кукуруза çулса силос тăваççĕ. Анчах та, пĕтĕмĕшпе илсен, силос хывасси юлса пырать. Августăн 10-мĕшне силос хымалли плана Çĕмĕрле районĕнчи колхозсем—28 процент, Красноармейски районĕнче—17,6 тата Йĕпреç районĕнче—17 процент тултарнă пулсан, хăшпĕр районсенче вара ку ĕçе тытăнман пĕрех. Силос хывмалли плана республикăра 4 процент кăна тултарнă. Çак кунсенче кукурузăран силос хывас ĕçре татăклă улшăну тумалла.

Силос хывма кăçал çĕнĕ сооруженисем нумай кирлĕ пулаççĕ. План тăрăх, республикипе пурĕ 130 пин тонна силос йĕмелĕх сооруженисем хатĕрлемелле. Халĕ 36 пин тонна кĕмелĕх кăна тунă. Çак ĕçе уйрăмах Чкаловски, Куракино, Сĕнтĕрвăрри, Хĕрлĕ Чутай районĕсенче хаклаçççĕ. Çав вăхăтрах вĕсен силос хывмалли плана тултарма кивĕ сооруженисем те нумай çитмеççĕ. Акнă кукурузăпа пĕтĕмпех силоса хывса хăвармалла. Çавна пурнăçлама силос хывмалли сооруженисем пĕлтĕрхинчен 2—3 хут ытларах кирлĕ пулаççĕ.

Хĕле кĕрсен выльăхсем валли улăм та нумай кирлĕ пулать. Анчах, Ялхуçалăх министерствин сводки тăрăх хăшпĕр районсенчe улăмшăн çителĕклĕ тăрăшмани палăрать. Кăçалхи çанталăк условийĕсем улăма комбайн хыççăнах пухса пырса калана хывса хăварма хушаççĕ.

Тырпул пухса кĕртес ĕçсем хĕрсе пынă вăхăтрах выльăх апачĕ хатĕрлес ĕçсене те вăйсăрлатмалла мар.



Канаш районĕнчи «Красная Армия» колхоз членĕсем кăçал тухăçлă кукуруза çитĕнтерĕç. Çак кунсенче колхоз кукурузăна çулса силос хывма тытăнчĕ.
Ӳкерчĕк çинче: 1. «Красная Армия» колхозра «СК-2,6» комбайнпа силос валли кукуруза çулаççĕ. 2. Колхозниксем 8 секциллĕ траншейăна силос хываççĕ.
Ф. Иванов фотоӳкерчĕкĕ.

# ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

## Массăлла ĕçе начар ертсе пынă çĕрте

Тăвай районĕнчи Горкий ячĕпе тăракан колхозра агитколлектив 24 çынна пĕрлештерсе тăрать. Агитаторсене колхоз производствин отстаюлă участокĕсем çумне çирĕплетнĕ. Анчах вĕсем мĕнле ĕçленипе никам та интересленмест. Парти членне П. Саперов юлташа ферма работникĕсем хушшинче агитаци ĕçне туса хунă.

— Манăн опыт çитмест, пулăшу кирлĕ,—терĕ вăл.—Агитаторсемпе канашлусем тата семинарсем ирттермеççĕ. Фермăра та ĕçсем начар, ĕнесенчен сĕт суса илесси ӳсмест.

Колхозри агротехник П. Сергеев коммунист хăйне агитатор пулма 2-мĕш бригада çумне çирĕплетнине пĕлмест. Паллах ĕнтĕ, бригадăра вăл пĕр калаçу та ирттермен.

Шкулти парторганизаци учительсене тырă выракан колхозниксем хушшинче агитацилле ĕçе туса пыма уйăрнă. Анчах хăшпĕр учительсем парти поручение пурнăçламаççĕ.

Районти ытти колхозсенче те массăлла-политикăлла ĕçе кирлĕ пек йĕркелемен. Ленин ячĕпе тăракан, «Социализм», «Красная Чувашия» колхозсенче агитаторсем хут çинче çеç шутланса тăраççĕ, вĕсенчен чылайăшĕ хăйсене агитатор пулма çирĕплетнине пĕлмеççĕ. Ленин ячĕпе тата Горкий ячĕпе тăракан артельсенче колхозниксене халиччен СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕн материалĕсене ăнлантарса паман.

«Красное Сормово» колхозра 22 агитатор шутланать. Вĕсенчен хăшпĕрисем колхозран тухса кайнă. Пуçламăш парторганизаци агитаторсен йышне сĕнетсе, парти пуххăвĕнче çирĕплетмен. А. Косарова симпартипе совет активне янă. Райком представителĕсем политикăлла агитаци ĕçне лайăхлатас тесе тăрăшмаççĕ, вĕсем колхозниксем хушшинче докладсемпе лекцисем ирттермеççĕ.

рынăна 5-мĕш уй-хир бригадинче, В. Сергеева дояркăна 2-мĕш уй-хир бригадинче агитатор пулма çирĕплетни вара тĕлĕнтермеллипех тĕлĕнтерет. Паллах ĕнтĕ, вĕсем бригадăсенчи агитаторсем пулма пултараймаççĕ. Ку колхозра тырă вырма тухнăранпа агитаторсене уй-хирте курма çук.

— Пĕр-пĕр агитатор кăнтăрлахи е каçхи апат хыççăн хаçат-журнал вулаcа парсан, е калаçу ирттерсен аван пулмалла, анчах агитатора кĕтсе илейместпĕр,—терĕç пире 2-мĕш бригадăри тырă выракансем.

КПСС Тăвай райкомĕ пуçламăш парторганизацисене агитацилле-массăлла ĕçе тивĕçлипе ертсе пыма начар пулăшать. Унăн работникĕсем пуçламăш парторганизацисенче пулса конкретлă пулăшу парас ыйтăвне пĕтĕмĕшле кăтартусем панипех çырлахаççĕ.

— Эпир райком çурчĕпе юнашарах пулин те, райком работникĕсем пирĕн пата килсе курмаççĕ. Енчен мана, ку таранччен анă райкомăн МТС енĕпе ĕçлекен инструкторне палламастăп,—тет Горкий ячĕпе тăракан колхозри парторганизаци секретарĕ Павлов юлташ.

Парти райкомĕ ытти работниксемпе канашлусем, семинарсем сахал мар ирттерет. Анчах чылайранпа ĕнтĕ агитаторсен канашлăвне е семинарне ирттермен. Суракипа тухиччен çеç хăшпĕр çĕрте агитаторсен канашлăвĕсем пулса иртнĕ. Райком инструкторĕсем пĕр енлĕ ĕçлесе пыраççĕ: вĕсем хуçалăх ыйтăвĕсем çине ытларах пăхаççĕ, çав вăхăтрах массăлла-политикăлла ĕçе туса пыма манаççĕ. Халĕ парти райкомĕпе райсовет исполкомĕ парторганизацисемпе колхоз правленийĕсене пулăшма

— Пĕррехинче райкомăн пропагандăпа агитаци пайĕн заведующийĕ Ашмарин юлташ килнĕччĕ. Вăл кукуруза мĕнле ӳсни çинчен ыйтса пĕлчĕ те ытти ĕçсемпе интересленмесĕрех тухса кайрĕ,—тет «Красное Сормово» колхозри парторганизаци секретарĕ В. Ахтимиров юлташ.

Парти райкомĕн секретарĕсем Кузнецов, Иванов, Петухов юлташсем колхозсенче тăтăшах пулаççĕ. Анчах вĕсем те ялсенче массăлла-политикăлла ĕç мĕнле пулса пынипе тĕплĕн интересленмеççĕ, политикăлла докладсемпе лекцисем сайра хутра çеç туса параççĕ.

Халĕ колхозсен уй-хирĕсенче хĕрӳллĕ ĕç пырать. Ял ĕçченĕсем тырпула пĕр тăкаламасăр, кĕске вăхăт хушшинче пуçтарса кĕртессишĕн, государство умĕнчи обязательствăсене чыслăн пурнăçлассишĕн тăрăшаççĕ. Çак ответлă ĕçĕн хăвăртлăхне ӳстерес тата ĕçĕн пахалăхне лайăхлатас тесен, колхозниксемпе механизаторсем хушшинче массăлла-политикăлла ĕçе конкретлă та витĕмлĕ туса пыни кирлĕ. Анчах Тăвай районĕнче çакна курма çук. Организаторла тата политикăлла ĕçе тивĕçлипе туса пыман пирки уй-хир ĕçĕсенче нумай ситменлĕхсем пур. Тăвай районĕ авăн çапса государствăна тырă парас тĕлĕшпе юлса пырать.

Х. ЛИСИН.
(Хамăр корр.).

## Агитаторсем хирте пулмаççĕ

Буденный ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизаци ял ĕçченĕсем хушшинче КПСС XX съезчĕ йышăннă историлле решенисене тата СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕ йышăннă законсене пропагандăлас тĕлĕшпе хăшпĕр ĕçсем тунă. Агитаторсем клубра тата уй-хир бригадисенче ку темăсемпе докладсемпе лекцисем, калаçусем ирттернĕ.

Çĕнĕ пилĕкçуллăхра ялхуçалăх умне тăрса тăратнă задачăсене ăнлантарса пурнăçлас тесе, колхозниксем ывăнма-чĕрмĕсĕр тухăçлăхне ӳстересçĕ, вăйлă тырпул пухса илесçĕ. Кукуруза та парка, вăйлă ӳсет. Анчах парторганизаци тунă çитĕнӳсемпе кăмăлланчĕ. Ыраш выраcси вунă кун ытла тăсăлчĕ. Колхозра икĕ жнейка пур. Вĕсемпе тулли усă курнă пулсан, тырра 2—3 кун хăвăртрах пухса кĕртме, çапла вара тăкаланчăксем пулассине чылай чакарма пулатчĕ.

Çак ситменлĕхсем ăнсăртран пулса тухман. Вĕсем пĕтĕмпех парторганизаци илемшĕн вăхăтра хăйĕн кĕрешӳри пултарулăхне вăйсĕрлатнипе килнĕ. Халĕ уй-хирте хĕрӳ ĕç пынă вăхăтра агитацилле-массăлла ĕçе вăйлатса пымалла. Анчах 17 агитатортан икĕ-виçĕ çын кăна шапса пынă ĕçе тӳрĕ кăмăлпа туса пыраççĕ.

— Учительсем отпускра пулнă май агитацилле ĕç витĕмлĕ пулса пымасть,—пĕлтерет хăйне тӳрре кăларма тăрăшать парторганизаци секретарĕ П. Трофимова юлташ.

Агитколлективра колхоз производствинче тӳрĕммĕнех ĕçлекен коммунистсемпе комсомолецсем сахал мар. Анчах Трофимова юлташ вĕсене ĕçе активлă явăстарма шутламасть. Агитаторсене пĕрле пухса вĕсем умне конкретлă задачăсем лартмасть.

Тырă выраканcем хушшинчи социализмла ăмăртăва тивĕçлипе йĕркелемен. Бригадăсем мĕнле обязательствăсем йышăннине никам та пĕлмест. Бригадăсенче кам лайăх, тăкаламасăр вырать, кам начар вырать, каллех никама та палăк мар. Колхозниксене ĕçре хавхалантарни, уйрăмах пурăхсенчен хавхалантарни ситĕнмест.

«Вăйлă тырпулшăн» стена хаçачĕ (редакторĕ Д. Афанасьев) июль уйăхĕнче пĕр номер та тухман. Парти пухăвĕсенче стена хаçачĕн ĕçне лайăхлатасси синчен нумай каласнă, анчах каласни усăсăр пулнă.

Çакăн пек ситменлĕхсем «Волга» колхозри пуçламăш парторганизацире те пур. Уйрăмах унта культурăлла-массăлла ĕçе япăх йĕркеленĕ. Колхоза кĕрекен ялсенче пĕр библиотека тата клуб пур. Вĕсен работникĕсем колхозниксен культурăлла канăвне кирлĕ пек йĕркелеме тăрăшмаççĕ. Ялти клубăн халĕхи вăхăтри ĕç планĕ те çук. Ул кĕнекесем илсе тухма виçĕ çын уйăрнă. Анчах вĕсем те тăрăшса ĕçлемеççĕ. Нумаях пулмасть кунта КПСС райкомĕн МТС енĕпе ĕçлекен инструкторĕ В. Аввакумов юлташ пулса кайнă. Вăл ялти культура учрежденийĕсен ĕçĕпе интересленмен, вĕсене пулăшу пама ал çитереймен.

— Аввакумов юлташ культурăлла-массăлла ĕç пирки манран ыйтса пĕлчĕ, хăй вара ку тĕлĕшпе нимĕн те тумарĕ,—тет клуб заведующийĕ А. Александрова юлташ.

Халĕ агитаторсен уй-хир бригадисенче çеç мар, трактор бригадисенче, комбайн агрегачĕ патĕнче пулмалла, механизаторсемпе колхозниксен туслăхне çирĕплетме пулăшмалла. МТС-ри партбюро (секретарĕ И. Константинов юлташ) механизаторсем хушшинче агитацилле ĕçе лайăх йĕркеленĕ теме çук-ха. Тракторсем, комбайн агрегачĕсем патĕнче агитаторсем курăнмаççĕ. Бригадăсенче боевой листоксем кăлармаççĕ. Массăлла-политикăлла ĕçе вăйсăрлатнине çак тĕслĕх те аван çирĕплетсе парать. Сунарти трактор бригади иртнĕ çулсенче пур енĕпе те планах малта пыратчĕ. Кăçал вăл начар ĕçлет. Кунта механизаторсемпе ĕçлесси кирлĕ пек пулса пымасть. Трактористсемпа комбайнерсем Тăван çĕршывра тата унăн тулашĕнчи çĕршывсенче пулса иртекен пысăк событисем синчен пĕлмеççĕ. Трактор бригадин бригадирĕ Мокеев юлташ кăçал кĕрхунне республикăра ялхуçалăх выставки уçăласси тата унта кайнасем хутшăнма пултарни синчен халичченех пĕлмен.

Бригадăра боевой листок, кăларма Н. Степанов учетчика çирĕплетнĕ. Вăл ун синчен маннă. Комбайнер Г. Максимов пĕрремĕш хут машина çине ларнă. Вăл начар ĕçлет, тăкаласа вырать. Анчах ăна ĕçе вĕрентекен, машинăна тикĕс ĕçлеттерме пулăшакан çын çук.

КПСС Красноармейски райкомĕн уй-хирти тата трактор бригадисенчи, комбайн агрегачĕсем патĕнчи агитаторсен ĕçне тивĕçлипе йĕркелемелле, вара район тырпул пухса кĕртес ĕçре тата та пысăкрах ситĕнӳсем тума пултарать.

Н. ОРЛОВ.
(«Коммунизм ялавĕ» корр.).

## Юрăçă-педагог



Иван Васильевич Васильев мĕн ачаранпах чăваш халăх юррисене итлеме юратнă, хăй те вăл халăх чĕринчен шăранса тухакан юрă-кĕвĕсене питĕ аста юрланă.

Ĕлĕкхи йывăр та хĕн-хурлă саманара çуралса ӳснĕскер, вăл пайтах хура-шур курнă. Чухăн чăваш хресчен ачинчен музыка ĕçне вĕрентекен преподаватель пуласси уншăн çăмăллах пулман. Октябрьти Социализмла Аслă революциччен Иван Васильевич чылай хуласенче, тĕрлĕ ĕçсенче ĕçленĕ. Хусанти учительсем хатĕрлекен семинарирен 1901 çулта вĕренсе тухнă хыççăн, вăл учительте ĕçлет, пĕр хушă Екатеринбург (хальхи Свердловск) хулинче пурăнать, Пермь хулинче библиотекарь пулса ĕçлет, çавăнтах музыка училищинчен вĕренсе тухса, малалла вĕренес ĕмĕтпе Петербург хулине каять.

Иван Васильевич яланах юрлама юратнă. Петербургри эстрадăсенче те, Атăл тăрăхĕнчи хуласенче те, кайран вара, граждан вăрçи çулĕсенче, Чĕмпĕрте красноармеецсем хушшинче те вăл вырăс тата чăваш халăх юррисене юрланă. Ăна кирек хăçан та итлекенсем кăмăллăн йышăннă.

И. В. Васильев пĕр хушă Шупашкарта театрта ĕçлет, радиоконцертсене хутшăнать, унтан Мускаври музыкăна вĕрентекенсене хатĕрлекен институтран вĕренсе тухать. 1936—1938 çулсенче Иван Васильевич Шупашкарти музыка училищинче, ун хыççăн вунă çул хушши Ашхабадри музыка училищинче преподаватель пулса ĕçлет. 1950 çултан пуçласа паянхи кунччченех вăл—Шупашкарти музыка училищин преподавателĕ.

74 çулхи педагог-юрăçă Иван Васильевич Васильев хăйĕн ĕмĕрĕнче чăваш халăхĕн музыка культурине малалла аталантарассишĕн нумай вăй хунă. Ун алли витĕр пултаруллă, аста музыка кадрĕсем пайтах тухнă. Вĕсем пирĕн Тăван çĕршывăн тĕрлĕ кĕтесĕсенче ĕçлеççĕ, хăйсен юратнă учителĕ патне тав туса тăтăшах çырусем çырса тăраççĕ.

Музыка искусствин наципле кадрĕсене вĕрентсе хатĕрлес тĕлĕшпе нумай çулсем хушши активлăн ĕçленĕшĕн кăçал Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕ И. В. Васильев юлташа Чăваш АССР шкулĕн тава тивĕçлĕ учителĕн ятне парса пысăк хисеп турĕ.

Е. НИКИТИН.

## Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Указĕ

### Колхоз председателĕсене, колхозри строительсене тата колхозсенчи строительство енĕпе ĕçлекен район работникĕсене Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Хисеп грамотипе наградăласси çинчен

Колхозсенче выльăх витисем, силос сооруженийĕсем, культурăпа пурăнмалли çуртсем тата хуçалăх çурчĕсем тăвас ĕçре пуçарулла пулăшнăшăн тата вăл ĕçсене ăнăçлă ирттернĕшĕн Пĕтĕм Союзри Строительсен кунĕ ячĕпе çаксене Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Хисеп грамотипе наградăлас:

1. Николай Ананьевич Ананьева — Шупашкар районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоз каменщикне.
2. Иван Антонович Барышева—Советски районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхозри кирпĕч мастерне.
3. Алексей Васильевич Васильева—Красноармейски районĕнчи «Сталинец» колхозри строительство бригадин бригадирне.
4. Александр Емельянович Гадюкина—Канаш районĕнчи «Комбайн» колхозри техник-строителе.
5. Александр Гордеевич Гордеева — Шăхасан районĕнчи «Дружба» колхоз председательне.
6. Вера Алексеевна Горячевăна—Улатăр районĕнчи «Победа» колхозри строительство бригадин рабочине.
7. Алексей Григорьевич Григорьева—Канаш районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхоз председательне.
8. Мария Дмитриевна Дмитриевăна — Вăрмар районĕнчи «Авангард» колхоз каменщикне.
9. Михаил Герасимович Долгова—Ибресски районĕнчи «Гвардеец» колхоз председательне.
10. Василий Егорович Егорова—Красноармейски районĕнчи «Гигант» колхозри строительство бригадин бригадирне.
11. Георгий Иванович Емельянова — Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозри строительство бригадин бригадирне.
12. Василий Васильевич Зайцева—Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз председательне.
13. Владимир Иванович Иванова — Шăхасан районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхозри каменщик-бетонщика.
14. Григорий Игнатьевич Игнатьева—Шупашкар районĕнчи Киров ячĕпе тăракан колхозри строительство бригадин бригадирне.
15. Ермолай Кириллович Кириллова—Красноармейски районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз каменщикне.
16. Михаил Николаевич Князькова — Етĕрне районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоз председательне.
17. Сергей Ксенофонтович Короткова—Вăрмар районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхоз председательне.
18. Василий Иванович Краснова—Советски районĕнчи «Герой» колхозри строительство бригадин бригадирне.
19. Мария Кузьминична Кузьминăна—Вăрмар районĕнчи «Авангард» колхоз каменщикне.
20. Егор Лукич Лукина—Красноармейски районĕнчи «Сталинец» колхоз председательне.
21. Михаил Степанович Митина—Улатăр районĕнчи «Победа» колхоз председательне.
22. Иван Григорьевич Моисеева—Сĕмĕрле районĕнчи «Комбинат» колхоз председательне.
23. Евгений Игнатьевич Молгачева—Тăвай районĕнчи Молотов ячĕпе тăракан колхоз председательне.
24. Иван Михайлович Морозова—Вăрмар районĕнчи «Ударник» колхозри строительство бригадин бригадирне.
25. Гурий Никитич Никитина—Шупашкар районĕнчи «Серп и молот» колхоз председательне.
26. Демид Николаевич Николаева—Шупашкар районĕнчи «Гвардеец» колхозри строительство бригадин бригадирне.
27. Иван Иванович Озерова—Куславкка районĕнчи Калинин ячĕпе тăракан колхозри каменщиксен бригадин бригадирне.
28. Василий Павлович Павлова—Шăхасан районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхоз председательне.
29. Филипп Трофимович Пайманова—Ишлей районĕнчи «Большевик» колхозри строительство бригадин бригадирне.
30. Мария Ивановна Панковăна—Куславкка районĕнчи «Путь Ленина» колхозри строительство бригадин рабочине.
31. Сергей Иванович Попова—Октябрьски районĕнчи «Звезда» колхозри строительство бригадин бригадирне.
32. Георгий Петрович Петрова—Канаш районĕнчи «Коммунар» колхоз председательне.
33. Николай Петрович Петрова—Вăрнар районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз председательне.
34. Яков Петрович Петрова—Куславкка районĕнчи «Путь Ленина» колхоз председательне.
35. Александр Моисеевич Петухова—Элĕк районĕнчи «Правда» колхозри строительство бригадин бригадирне.
36. Николай Кузьмич Плотникова—Шупашкар районĕнчи «Знамя революции» колхоз председательне.
37. Григорий Терентьевич Смирнова—Шупашкар районĕнчи «Серп и молот» колхоз каменщикне.
38. Зинон Степанович Степанова—Канаш районĕнчи «Комбайн» колхоз председательне.
39. Михаил Дмитриевич Тибайкина—Чкаловски районĕнчи колхозсенчи строительство енĕпе ĕçлекен пайăн техник-строительне.
40. Николай Тимофеевич Тимофеева—Канаш районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхозри строительство бригадин бригадирне.
41. Халиль Шайхуллович Тухватуллина—Куславкка районĕнчи «Алга» колхозри строительство бригадин бригадирне.
42. Гурий Иванович Табунова—Елчĕк районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхоз председательне.
43. Зияф Салахутдинович Фатхуллина—Куславкка районĕнчи «Алга» колхоз председательне.
44. Петр Григорьевич Филатова—Кувакино районĕнчи «Новь» колхозри строительство бригадин бригадирне.
45. Иван Иванович Чернова—Кувакино районĕнчи колхозсенчи строительство енĕпе ĕçлекен пайĕн начальникне.
46. Петр Иванович Шмелева—Ишлей районĕнчи «За коммунизм» колхоз плотникне.
47. Федор Петрович Юктанова—Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхоз председательне.
48. Иван Яковлевич Яковлева—Красноармейски районĕнчи Мичурин ячĕпе тăракан колхоз председательне.
49. Степан Яковлевич Яковлева—Октябрьски районĕнчи «Звезда» колхоз председательне.

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ
Д. МИТЬКОВ.
Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ
А. ИЗМАЙЛОВ.

Шупашкар хули,
1956 çулхи августăн 11-мĕшĕ.

## Социализмла демократи—халăхăн аслă çĕнтерĕвĕ

Юлашки уйăхсенче США-па ытти капитализмла çĕршывсенчи нихăçне радио, хаçата çырса тăракан чăрсăр çынсем тата политика ĕçĕнчи чылай паллă çынсем те, вăл шутра вице-президент Никсонпа государство секретарĕ Даллес та, капитализмла йĕркесене касса кайсах мухтаççĕ, буржуази патшалăхне ирĕклĕх тĕнчи тесçĕ тата социализмла совет стройне нимĕн те хураççĕ.

Коммунизм ăсне, марксизм-ленинизм вĕрентĕвне, социализмла демократие вараламасăр шутра буржуаллă публицистсем, идеологсем тата политика ĕçĕнчи çынсем пирĕн парти И. В. Сталина мухтаса пысăка кунне критиклени, уйрăм çынна мухтасси пысăкă хурав ăнла [illegible] хирĕç кĕрешнине усă курма пăхаççĕ. Тĕрĕс илес çапса, вĕсем халĕ совет çĕршывĕн пурнăçĕнче иртсе кайнă таппăр синчен çăмăр пынине пур майсемпе те вытарма тăрăшаççĕ.

КПСС XX съезчĕ, уйрăм çынна мухтаса пысăка хурас ăнлава Центральнăй Комитечĕ тĕрĕс те вăхăтра сиенлине кăларса, совет демократине пур майсемпе те аталантарма [illegible] творчествăлла активлăхне [illegible] малалла ӳстерме, государствăна тытса тăрас ĕçре [illegible] хутшăнтарма [illegible] кăтартса [illegible]

«КПСС XX съезчĕн решенийĕсене [illegible] [illegible] Центральнăй Комитечĕ [illegible] уйрăм çынна мухтас [illegible] Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе çĕршывра политика, хуçалăх тата культура пурнăçĕнче пур енĕпе те çĕнĕ пысăк çитĕнӳсем тăрать. Совет çыннисем Коммунистсен партийĕ тавра тата та тачăрах пĕрлешрĕç. XX съезд кăларса тăратнă задачăсене пурнăçа кĕртессипе вĕсем пысăк творчествăлла активлăхпа кĕрешеççĕ».

Совет халăхĕ, халăх демократи çĕршывĕсенчи ĕççыннисем хуçалăхпа культура строительствинче, социализмла демократие аталантарас, пĕтĕм тĕнчери миршĕн кĕрешес ĕçре çĕнĕрен çĕнĕ çитĕнӳсем тăваççĕ. Шăпах çавăнпа ĕнтĕ империализм идеологĕсем Совет Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсене хирĕç элек кампанине ансăр сарса ячĕç. Шăпах çавăнпа ĕнтĕ, капитал пусмăрĕ пулса тăнă çĕрте шалти хирĕçӳсем ӳснипе, ĕçсем йывăрланнăçем йывăрланса пынипе, буржуази идеологи аппарачĕ коммунизм çинчен, рабочи класс ертсе пынипе влаçа халăх тытса тăракан социализмла çĕршывсен обществăпа политика стройĕ синчен элек сарать.

### 1.

Политикăлла стройăн, государство тытăмăн характерĕ, çак-çапачĕ пурнăçăн экономикăлла стройĕнчен килет. Экономика мĕнле, çĕршывăн политикăлла стройĕ те çавăн пек пулать.

Феодализм саманинче, хуçалăхăн тĕп отраслĕ çĕрĕçĕ пулнă чухне, çĕре хăйсен аллинче тытакансем помещиксем, çĕр аристократийĕ, дворянсем пулнă чухне, государство влаçĕ те çав класс аллинче тăнă.

Капитализм тапхăрĕнче, феодаллă-крепостла общество вырăнне çĕнĕ производительлă вăйсемпе çĕнĕ, капитализмла экономикăлла хутшăнусем пулса кайсан, обществăра çĕнĕ вăй—буржуази влаçĕ пулса тăрса, йĕркелене çитсен, çак класс буржуаллă революцисем вăхăтĕнче хаяррăн [illegible] çĕршыва хыççăн унăн çĕршыва экономикăпа политикăри феодаллă йĕркесене пĕтерсе хунă, политикăра хăй пуçпулса тăма пуçланă. Çапла вăл истори законлă аталанăвĕ пулнă.

Буржуаллă демократи хăй вăхăтĕнче обществăн политикăлла аталанăвĕ малалла пысăк утăм тунине, общество малалла кайнине пĕлтерет. Буржуаллă демократи çав йăлахи историлле рольне марксистсем нихçан та йышăнмасăр тăман. Анчах пурăна-киле, шалти хирĕçӳсем ӳссе пынă май капитализмла обществăн экономика никĕсĕпе унăн политикăлла надстройки çĕрнĕсем çĕрсе пыраççĕ.

Нумай çĕршывсенчи буржуаллă демократи пулса тăнă условисенче Европăри, Азири тата Америкăри халăхсене тĕнчери пĕррремĕш империализмла вăрçа кĕртсе янă, çав вăрçă тĕнчене юн ăшне тунă.

Мĕнпур çĕршывсенчи рабочи класпа ĕççыннисем буржуаллă демократи условийĕсенче влаçа халăхсен чи усал тăшманĕсем—Гитлерăн юнлă режимĕпе Муссолинин фашистла режимĕ ярса илнине курнă. Çав фашистла режимсене икĕшне те США-н, Англин тата Германин финанс капиталĕ çитĕнтернĕ. Иртнĕ вăхăтра реакцилле буржуази империализмăн сăнчăрти йытти — гитлеризма, фашизма пăхса çитĕнтерсе, пулăшса тăнă пекех, паян та монополилĕ капитал мĕнпур çĕрсе кайнă режимсене пулăшса тăрать.

Капитализм историне, Маркс каланă пек, хĕске кунăн хăмлеçĕкен чăлхине сырнă. Хăй самрăк тухнех, малтанхи революци вăхăтĕнчех, капитализм юн вăхăтне, [illegible] сарнă пулсан, вăл пĕтсе пыр [illegible] чапăр, унăн халĕхи кăмăлĕ Германи фашизмĕн юнлă преступленийĕсемпе, унăн майданекĕсемпе, унăн освенцимĕсемпе, Хиросимăпа Нагасакире çынсене пĕтернине, атомлă вăрçăпа юнаннине тата ытти чĕрĕ хĕрĕмелле усал ĕçсемпе палăрса тăрать.

Буржуаллă обществăра, власть формипе демократиллĕ çĕрте те, яланах капитал хуçа пулнă, халĕ те капитал хуçа пулса тăрать. Совет Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсенче, вĕсен çамрăк, революци тăвăлĕсен вут-хĕмĕнче çуралнă режимĕсен çитменлĕхсем пулсан та, эксплуататорла класем пуçпулса тăни çук, кунта ĕçпе ĕççыннисем пуçпулса тăраççĕ. Ку вăл историри тĕп факт, ăна никам та йышăнмасăр тăма пултараймасть.

Совет Союзĕнчи политикăлла строй пĕрпĕр уйрăм çын ăсĕ шухăшласа кăларнă япала мар. Ăна халăх массисен историлле творчестви туса хунă. Советсемпе совет государствин стройĕ ĕлĕкрепле пынă пĕтĕм общество аталанăвĕн законлă результачĕ пулса тăрать.

В. И. Ленин, социализмла демократи пĕлтерĕшне çутатса парса, çапла каланă: «Большевизмра тата вырăссен Октябрьти революцийĕнче чи пахи, тĕп вырăнта тăракани вăл капитализм чухне пуринчен ытларах пусмăр тӳснĕ çынсене политикăна хутшăнтарни пулать. Монархи чухне те, демократилле-буржуаллă республикăсенче те вĕсене таптанă, вĕсене улталанă, вĕсене çаратнă. Большевизм пĕлтерĕшĕ, Совет влаçĕн пĕлтерĕшĕ çакăнта пулать: буржуаллă демократизмăн суялăхне ик пит лĕхне тăрă шыв çине кăларса, çĕр, фабрикăсем, заводсем уйрăм харпăрлăх пулнипе пĕтерсе, пĕтĕм государство влаçне ĕççыннисемпе эксплуатаци тӳснĕ массăсене памалла. Вĕсем, çак массăсем, политикăна, урăхла каласан, çĕнĕ общество тăвас ĕçе хăйсен аллине илеççĕ». (Соч., 32 т., 138 стр.).

Капитализма хӳтĕлекенсем, буржуаллă демократин ырăлăхĕсене мухтаса, çак демократи капиталистсен класĕ политикăра пуçпулса тăмалли формăсенчен пĕри кăна, капитализмăн экономикăлла базисĕ синчи политикăлла надстройка кăна пулнине пытарма тăрăшаççĕ. Буржуаллă демократи характерĕ çинç çак пĕрпен-пĕр тĕрĕс, наукăлла шухăшпа пăхсан, вăл халăха хирĕçле пулни уççăнах курăнать. Фабрикăсем, заводсем, чугун çулсем, банксем, типографисем тата ытти пурлăхсем капиталистсен класĕ аллинче тăраççĕ пулсан, ун пек строя чăн-чăн демократиллĕ строй теме çук. Нимĕн те ĕçлесе тумасăр çак класс пурăть, хăйĕн усламĕсене çултан-çул ӳстерсе пырать, çав вăхăтрах мĕнпур пурлăхсене тăвакансем — пролетарисем, хресченсем, мĕнпур ĕççыннисем хăйсене тата хăйсен çемйисене пурăнма кирлĕ чи сахал япалашăн та хытă кĕрешмелле килет.

Производство хатĕрĕсене пĕтĕмпех хăйĕн аллинче тытса, капиталистсен класĕ буржуаллă обществăн экономикине политикинче пуçпулса тăрать. Производство хатĕрĕсемсĕр тăрса юлнă рабочи класа чухăнлăх капитализм урапи çумне кăкарса лартнă,унăн ирĕксĕрех хăйĕн ĕç вăйне сутмалла, пурнăç тăршшĕпех тара кĕрешнĕ чуралăх пусмăрĕнче асапланмалла килет.

Социализмла демократишĕн кĕрешсе, капитализмла çĕршывсенчи рабочи класс истори аталанăвĕн иртнĕ тапхăрĕсенче, буржуаллă общество условийĕсенче кĕрешсе илнĕ демократиллĕ çĕнтерӳсене пăрахăç тумасть. Пролетариатпа унăн партийĕ демократиллĕ ирĕклĕхсене вĕсне çитиех хӳтĕлеççĕ, империализмла буржуази хальхи вăхăтра çав ирĕклĕхсене хирĕç кĕрешет. Буржуаллă демократин ялавхи учрежденийĕсенчен пĕри парламент пулса тăрать. Рабочи класс парламента социализма мирлĕн куçмалли майсенчен пĕри тесе шутлать, парламента чăн-чăн демократи, ĕççыннисем влаçĕ демократи органĕ туса хурассишĕн кĕрешет. Капитализмла çĕршывсенче нумайăшĕнче пролетариатпа коммунистсен партийĕсем вăл шеллемесĕр кĕрешни халăха нумай демократиллĕ çĕнтерӳсене сыхласа хăварма пулăшнă.

### 2.

Çынна унăн çăмахĕсем тăрăх мар, унăн ĕçĕсем тăрăх хак панă пекех, буржуаллă государство пĕлтерĕшне те буржуаллă литераторĕсемпе теоретикĕсен юмахĕсем тăрăх мар, çав государствăсен политики тăрăх хак памалла.

Кучуххех чи çивĕч ыйтусенчен пĕри вăл халăхсем хушшинчи мир ыйтăвĕ, çирĕп мир тăвас ыйту пулса тăрать.

Совет правительстви халăх демократи çĕршывĕсен правительстви хусем миршĕн çăмахпа мар, ĕçпе кĕрешрĕç, малалла та кĕрешеççĕ, мир политикине яланах çирĕп тытса пыраççĕ, вăрçăшăн çунакан империалистсен агрессиллĕ ĕçĕсене пĕтере-пĕтере лартаççĕ.

Милитаризма хирĕç, хĕçпăшалланнин йывăрлăхне хирĕç, хĕçпăшалсăрланассишĕн кĕрешни мире çирĕплетес ĕçре тачă çыхăнса тăрать. Пурте пĕлеççĕ, çар бюджечĕсене ӳстерес, васкаса хĕçпăшалланас политика халăхсен интересĕсемпе килĕшсе тăмасть, унăн чăн-чăн демократипе пĕр пекки нимĕн те çук. Милитаризм, васкаса хĕçпăшалланни, вăрçăсем пуçланни тупă королĕсене, вăрçă хатĕрĕсем туса кăларакан фабрика хуçисене кăна кирлĕ. Буржуаллă правительствăсем, пуринчен ытла США правительстви, Совет Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсен хĕçпăшалсăрланас тĕлĕшпе тытса пыракан чăн-чăн демократиллĕ, мире юратакан политикăна хирĕç пур майсемпе те кĕрешеççĕ.

Вунăшар миллион çынсем атомлă тата водородлă хĕçпăшала чарса лартма ыйтаççĕ. Совет правительстви, халăхсен кăмăлне палăртса, атомлă тата водородлă хĕçпăшала чарса лартма сĕнет. Анчах США-па ытти капитализмла державăсен правительстви çак сĕнĕве йышăнма чăрмантарса тăраççĕ.

Империализмла государствăсен колони политикинех илер-ха. Юлашки вăхăтра океан леш енчи хăшпĕр политиксем колониализма хирĕç сăмах ваклама та чарăнса тăмаççĕ. Хăш чухне вĕсем: эпир колониализм хирĕç, тесе те калаççĕ. Анчах империалистсен сăмахне мар, ĕçĕсене илсе пăхсан, вĕсем калани халăха улталас шутпа сутни, демагоги кăна пулни уççăнах курăнать. Империализм наци ирĕклĕхĕшĕн пыракан юхăма хирĕç нимĕн икĕленмесĕр çапăçнă, çапăçать те. Вăл халăхсем хăйсен никама пăхăнманлăхĕшĕн кĕрешнине мĕнпур майсемпе: экономикăлла, политикăлла майсемпе тата çар вăйĕпе хирĕç тăрать. Çакна юлашки вăхăтра Египетра пулнă ĕçсем уççăн кăтартса параççĕ. Египет халăхĕ, хăй колони пусмăрне илсе ывăтса тата империализма хирĕç пынă йывăр кĕрешӳре политикăлла ирĕклĕх илсе, хăвăтлă та нумай енлĕ наци экономикĕ туса хурас ĕçе тапăклăнах тытăнчĕ. Вăл Египетри пиншер ĕççыннисен тăрăшна юнне

# Ырă ĕçе чăрмантармалла мар

Кăçал çуркунне манăн Шупашкарти 6-мĕш вăтам шкул ачисем вĕренӳ çулĕ вĕçленнĕ ятпа иртернĕ пухура пулма тӳрĕ килчĕ. Унта 10-мĕш класран вĕренсе тухнă çамрăксем аттестатсем илчĕç, вĕсене вăтам шкул пĕтерни ятпа саламларĕç, чылай парнесем пачĕç. Çамрăксен савăнăçĕ пысăк пулчĕ. Пуринчен ытларах мана, ку шкулта пĕррремĕш хут пулнă çынна, çакă килĕшрĕ: ачасем хăйсен шкулти вĕренĕвне ĕçпе çыхăнтарса пынă, наука пĕлĕвĕсене алла илнĕ вăхăтрах производствăра ĕçлеме хăнăхнă.

Шкулта темиçе çул хушши ĕнтĕ çамрăк натуралистсен кружокĕ ĕçлет. Кружок членĕсем пахча çимĕç, ӳлма-çырла çитĕнтерессĕ, вăйлă тырпул туса илме вĕренессĕ. Акă, иртнĕ çул вĕсем, гектар çине куçарса шутласан, 968 центнер кукуруза çулçипе туни туса илнĕ. Ачасем çитĕнтернĕ çĕрулми гектартан 816 центнер тухнă. Çамрăксем пăхса ӳстернĕ Корнеевски сорт текен помидорăн тухăçлăхĕ—900 центнер. Çав помидора «пасар тĕлĕнтермĕшĕ» тесе ят панă. Купăста тата, калама çук вăйлă купăста çитĕнтерессĕ çамрăксем: ир пулакан сорта çу каçа икĕ хутчен туса илессĕ. 2.000 центнер таран выльăх кăшманĕ тухать вĕсен кашни гектартан. Çак цифрăсене калама çăмăл. Вĕсене çамрăксен вăйĕпе, ачасем тăрăшса ĕçленипе туса илнĕ. Вĕренӳ вăхăтĕнче те, каникулра та шкул ачисем хăйсен пахчине манмассĕ. Çу вăхăтĕнче вара унтан вĕсем çĕрĕн-кунĕн тухма пĕлмессĕ. Ачасем тăвакан ĕç—тĕлĕнмелле ырă ĕçпе, çак ĕç хуçисенчен, пĕрре курсан, уйрăлас килмест. Çавăнпах та-и тен çамрăк натуралистсен руководителĕ, биологи преподавателĕ Ганна Сидоровна Жирнова пухура шкултан вĕренсе тухнă кружок членĕсене хакла парнесем — пурçăн кĕпесем парса, савăнăç куççулĕ витĕр çапла каларĕ:

— Пĕрре шутласан, сирĕнпе уйрăлни чуна ыраттарать. Сахал мар ĕç тунă пĕрле. Анчах сирĕн ĕçе кружок членĕсем сирĕн пекех малалла та маттуррăн туса пырĕç.

Чăнах та, çамрăк натуралистсем улшăнса тăрассĕ пулин те, паха ĕç малаллах пулса пырать. Кăçал, акă, кружокăн чи активлă членĕсем Лиза Окунева, Юрий Мажоров, Ира Тимкова, Маша Семенова вĕренсе тухрĕç, халĕ вĕсем ялхуçалăх институтне вĕренме кайсĕ. Анчах вĕсем пуçарнă ĕçе ыттисем пурнăçа кĕртессĕ.

Кружок членĕсен çĕр участокĕ пысăках мар, пĕр гектара яхăн кăна. Тĕрлĕрен пахча çимĕç, тĕштырă акса-лартса çитĕнтерме, ӳлма-çырла йывăççисем ӳстерме вĕсем уйччен ача сачĕ вырнаçнă участокра—юхăнса кайнă çĕр лаптăкĕнче тытăннă. Никам усă курман, юрăхсăр çĕрех ачасем вĕсене срокра тĕлĕнмелле хитре те илемлĕ вырăн туса хунă. Вĕсен пахча ĕçĕ пĕтĕм çĕршывăпе паллă пулса тăнă. Çамрăк натуралистсен кружокĕ виççĕмĕш çул ĕнтĕ Пĕтĕм Союзри ялхуçалăх выставкин участникĕ. Халĕ шкул та иккĕмĕш çул выставкăна хутшăнать. Чылай натуралистсем Мускава, выставкăна кайса курнă.

— Акă, куратăр-и, — кăтартассĕ вĕсем халĕ вĕсен ĕçĕпе интересленекен çынна шултра пĕрчĕллĕ тулă йăранĕсем патне илсе пырса,—çакна акса тĕрĕслесе пăхма тулă пĕрчисене Цицин академик пире хăй парса ячĕ.

Инçех те мар тем çӳлĕш çитĕннĕ кукуруза йăранĕсем, юнашарах çĕрулми лартнă вырăн, тем тĕрлĕ пахча çимĕç йăранĕсем. Кунта ачасем çимĕçе агротехника хушнă пек пăхса ӳстерессĕ, хăйсен опычĕпе тĕлĕнмелле лайăх результатсем тăвассĕ. Çамрăксен пахчи такама та хĕпĕртеттермелле.

Анчах çак паха та кирлĕ ĕçе хăшпĕрисем чăрмантарма хăтланассĕ. Кружок членĕсен çĕр участокĕ ахаль те пĕчĕккĕ, çавна пула нумай культурăсене ытла та сахалшарран ӳстерме тивет. Апла пулин те виç' çул каярах Чебторг руководителĕсем çамрăк натуралистсен участокне касса илсе магазин туса лартнă. Иртнĕ çул çитĕнекен кукуруза йăранĕсем çинчех пуш ещĕксем валли сарай тума хăтланнă. Ачасем тархасланă хыççăн кăна сарай тăвассине кĕркуннене хăварнă. Кĕркунне вара 18-мĕш магазин заведующийĕ хăйĕн сăмахне пурнăçланă, шкул ачисен участокне тата тепĕр лаптăк касса илсе карта тытса савăрнă. Çав картара халĕ магазин работникĕсем хăйсем валли пахча çимĕç çитĕнтерессĕ. Вĕсен аппетичĕ лайăх:, магазин территорине пысăклатнăçемĕн пысăклатса пырассĕ, ачасене хĕсĕрлессĕ.

— Аста кăна çитмерĕм пулĕ,—тет Г. С. Жирнова юлташ,—Чебторга та, хула Совет исполкомне те. Пур çĕрте те пире итленĕ пек пулассĕ. Анчах ачасен участокĕ пĕчĕкленсех пырать.

Чăн та, çамрăк натуралистсене ĕçлеме чăрмантарни килĕшӳллĕ мар ĕнтĕ. Шкула опытлă ĕçсем туса иртерме уйăрса, панă çĕр участокне туртса илни политехникăлла вĕренĕве хирĕç тунă ĕç пулать. Чебторг работникĕсен çакна ăнланмаллах, ачасене ĕçе вĕренме кансĕрлемелле мар. Пачах урăхла, çак ырă ĕçе тума пулăшсан, лайăх пулмалла.

**П. КРЫСИН.**



Тăвай районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхозăн кăçал 518 гектар ыраш акса хăвармалла.

Ӳкерчĕк çинче: МТС-ăн 18-мĕш трактор бригадинче ĕçлекен М. Степанов тракториспа В. Гаврилов юлташ Ленин ячĕпе тăракан колхозра ыраш акассĕ.

Ф. Иванов фотоӳкерчĕкĕ.

## ПЕНСИСЕМ ПАМАЛЛА ТĂВАС ТĔЛĔШПЕ ĔÇЛЕКЕН КОМИССИСЕМ

Государство пенсийĕсем памалла тумалли тата тӳлемелли йĕрке çинчен калакан положенине çирĕплетнĕ. Çакна май Мускавра ĕççынни депутачĕсен район Совечĕсен исполкомĕсем çумĕнче ятарласа тунă комиссисем ĕçлеме пуçланă.

Кашни районта çавнашкал икĕ е виçĕ комиссеи туса хунă. Вĕсен составĕнче—социальнăй обеспечени пайĕн, финанс пайĕн, профсоюз организацийĕсен тата çар комиссариачĕн представителĕсем. Комиссисем пенсионерсен мĕнпур ĕçĕсене пăхса тухассĕ, çĕнĕ закон тăрăх пенси мĕн чухлĕ тӳлемеллине палăртассĕ. Комиссисене обществăлла организацисен, предприятисемпе учрежденисен представителĕсем пулăшассĕ, вĕсем ĕççыннисене пенси парса тăрас ĕçпе çыхăннă тĕрлĕ сведенисемпе тата материалсене тĕрĕслессĕ.

Столицăн Советски районĕнче 14 пин пенсионер ытла шутланать. Вĕсенчен нумайăшне комиссисене чĕнмĕ, хăйсен ĕçĕсене çĕнĕрен пăхса тухнă чухне тухса тăнă тĕрлĕ ыйтусене ăнлантарса панă. Социальнăй обеспечени пайĕсен инспекторĕсем ĕçре кирлĕ çĕнĕ сведенисем илессĕ, хăйсем патне лыракансемпе калаçассĕ, вĕсен мĕнле документсем тăратмалли çинчен, документсене ăста тата мĕнле илмелли çинчен ăнлантарса парассĕ.

Социальнăй обеспечени пайĕсенче пенси илме кирлĕ мĕнпур справкăсен формисем пур. Вĕсене пенсионерсем хăйсем ĕçленĕ çĕрте е сурт управленийĕнче илме пултарассĕ. (ТАСС).

## Строительсен праçникне столицăра уявлани

Строительсен праçникне Мускавра анлă уявланă. Палла паркĕсенче массăллă гулянисем пулса иртнĕ. Выставкăсем чылай организациленĕ. Докладсемпе лекцисем нумай пулнă.

Горький ячĕпе тăракан культурăпа кану паркĕнче уйрăмах халăх нумай пулнă, уява лайăх иртернĕ. Унта столицăн Ленински, Кировски, Хĕрлĕ Пресня, Москворецки тата ытти районĕсенчи вуншар пин рабочисем, инженерсемпе техниксем пухăннă. Кăнтăрла иртсен эстрада площадкисем çинче строительсен художествăллă пултарулăх концерчĕсем пуçланнă. Концертăн пысăк программинчи юрăсемпе ташăсене каменщиксем, штукатурсем, плотниксем, малярсем, крановщиксем, монтажниксем юрласа тата ташласа кăтартнă.

Кăнтăрла иртсен 3 сехетре паркăн Зеленăй театрĕнче Ленински районти 10 пин строителĕн пухăвĕ уçăлнă. Çак çынсен ĕçĕ Мускав университечĕн çав тери çӳлĕ те пысăк çуртне тунипе, столицăн çĕнĕ районĕнчи—«кăнтăр-хĕвеланăç» районĕ текен вырăнти çĕнĕ кварталсемпе проспектсене тунипе палăрса тăрать.

Районти строительсем В. И. Ленин ячĕпе тăракан стадиона тунă çĕрте те нумай ĕçленĕ. Стадион çинче халĕ ССР Союзĕнчи халăхсен Спартакиадин ялавĕ вĕлкĕшет.

Пухури çынсене партин Ленински райкомĕн секретарĕ Комиссаров юлташ хĕрӳллĕн саламланă. Унтан паллă каменщик Лобачев юлташ, Главмосстройăн виççĕмĕш трестĕн 17-мĕш строительство управленийĕн начальникĕ Татаринцев юлташ тухса каланă.

Строительсен кунĕ ячĕпе çавăн пекех «Сокольники» текен, Дзержинский ячĕпе тăракан, Измайловăри, «Хĕрлĕ Пресня» текен культурăпа кану паркĕсенче те массăллă гулянисем пулса иртнĕ. (ТАСС).

# *Редакцие килнĕ çырусем*

## Коллективлă договора пурнăçлассишĕн

Йăпреç вăрманпромхозĕн цехĕсенче рабочисемпе служащисен пухăвĕсем пулса иртессĕ. Унта коллективлă договора мĕнле пурнăçласа пынине сӳтсе явассĕ. Çур çулта вăрманпромхоз коллективĕ палăрмаллах ӳсĕмсем турĕ. Ăна çак цифрăсем те аван кăтартса парассĕ: плана йывăç касса хатĕрлессипе 107,2 процент, каснă йывăçа çул хĕррине илсе тухассипе 102,9 процент, турттарассипе 113,9 процент, хăма сурмалли йывăç хатĕрлессипе 108,7 процент тултарнă. 37 пин кубометр йывăçа турачĕсемпех турттарнă. Коллективлă договора пурнăçлас ĕçе Дубравнăй тата Мерчĕк вăрман пункчĕсен коллективĕсем активлă хутшăнчĕç, вĕсем плана пур кăтартусем енĕпе те иртерсе тултарчĕç. Механизмсемпе те çур çулхи программăна ăнăçлă пурнăçланă.

Çакнашкал çитĕнĕве эпир цехсем, мастер участокĕсем, сменăсем тата рабочисем хушшинчи социализмла ăмăртăва анлăн сарса пынипе тума пултартăмăр. Черноречински автосул çинчи шоферсем хушшинчи ăмăртура Ф. Царышев, Ф. Кутузов, Т. Кочетков, В. Пархоменко шоферсем малла тухрĕç, çур çулхи задание вĕсем 137—132 процент пурнăçларĕç. Дубравнăй вăрман пунктĕнчи П. Герасимов, Н. Кубасов электропильщиксем, Ш. Ахметдинов, И. Боровко, В. Павлов лавçăсем те ĕçре паха тĕслĕхсем кăтартассĕ.

Цехсемпе мастер участокĕсем социализмла обязательствăсене мĕнле пурнăçласа пынине кашни уйăхрах тĕрĕслесе тăратпăр, мала тухнă участоксене куçса çӳрекен флажоксем, цехсене—Хĕрлĕ ялав паратпăр. Пысăк çитĕнӳсем тунă рабочисен хушамачĕсене Хисеп хăми çине çыратпăр. Çапла туни пĕтĕм коллектива производствăра çĕнĕ çитĕнӳсем тума хавхалантарать.

Коллективлă договорта рабочисемпе служащисен пурнăçпа йăла, культура условийĕсем тата ĕçе сыхлас енĕпе тăракан ыйтусем пысăк вырăн йышăнассĕ. Çак ыйтусене эпир кăçал пĕлтĕрхинчен лайăхрах татса пама пуçларăмăр. Йышăннă обязательство тăрăх, Дубравнăй вăрман пунктĕнче çĕнĕ магазин, Мерчĕк вăрман пунктĕнче тăватă хваттерлĕ çурт турăмăр. Черноречинск поселокра çывăх вăхăтра обществăлла мунча туса пĕтерессĕ. Кăçал çурт-йĕрсене тĕпрен юсанă.

Рабочисемпе служащисен культурине ӳстерессишĕн куллен тăрăшатпăр. Вăрмай пункчĕсемпе поселоксене электрификацилесе çитертĕмĕр, Дубравнăй поселокри пур киле те радио кĕртрĕмĕр. Çак кунсенчех Мерчĕк поселокне радиофикацилесе пĕтеретпĕр.

Пурăнмалли çурт-йĕрсене, клубсене, хĕрлĕ кĕтессене хĕле хатĕрлесе çитерес тĕлĕшпе ятарласа план туса хатĕрлерĕмĕр. Çав план тăрăх пĕтĕм юсав ĕçĕсене октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне туса пĕтерме палăртнă. Юсав ĕçĕсене тума плотниксенчен илĕк бригада организацилерĕмĕр.

Коллективлă договора пурнăçлас ĕçре çитменлĕхсем те пур-ха. Тĕрĕслӳ нумай сурисем кивелнине, вĕсен тăррисем шăтса пĕтнине палăртрĕ. Анчах вĕсене юсама «Чăвашвăрман» тресчĕ кирлĕ чухлĕ уксатенкĕ уйăрса памасть. Виççĕмĕш çул ĕнтĕ эпир договор çине çĕнĕрен тунă механически мастерскоя ĕçе илме тесе çырса хăваратпăр. Анчах вăл пурнăçланмасăр юлать, мĕншĕн тесен трест пире локомобиль е электростанци уйăрса памасть.

Эпир коллективлă договорта илнĕ обязательствăсене пурнăçлама пултаратпăр, ку тĕлĕшпе пире трестран пулăшу кирлĕ.

**ПЛЕШКОВ.**
Вăрманпромхозри рабочком председателĕ.

## Çӳçе хуппи ытларах хатĕрлер

Экстракт тата тир-сăран тăвакан промышленноçра çӳçе хуппи паллă вырăн йышăнать. Вăл тир-сăран тунă чухне уйрăмах кирлĕ. Çӳçе хуппи пулăшнипе тир пĕтĕмпех пулса çитет, шыв ямн пулать, вара атă-пушмак çĕлеме тата ытти изделисем хатĕрлеме юрать.

Кăçал Чăвашпотребсоюзăн Çĕмĕрлери экстракт тăвакан завода 1.500 тонна çӳçе хуппи хатĕрлесе памалла. Ку тĕлĕшпе Çĕмĕрле райпотребсоюзĕ уйрăмах лайăх ĕçлет. Вăл султалăкри плана 189 процент тултарчĕ. Çавăн пекех плана Первомайски районĕ 142 процент, Ишлей райпотребсоюзĕ—120 процент тултарнă.

Çак тĕслĕхсем республикăра çӳçе хуппи хатĕрлемелли плана тултарма кăна мар, ирттерсе тултарма лайăх майсем пурри çинчен калассĕ. Анчах чылай районсем çӳçе хуппи хатĕрлессипе çиталĕксĕр ĕçлессĕ. Сăмахран, Сĕнтĕрвăрри районĕ (райпотребсоюз председателĕ Денисов юлташ, хатĕрлев кантурĕн директорĕ Шолин юлташ) султалăкри плана 32 процент, Пăрачкав райпотребсоюзĕ (Горячевпа Мельников юлташсем) 33 процент, Хĕрлĕ Чутай райпотребсоюзĕ (Черновпа Никитин юлташсем) 50 процент кăна тултарнă. Октябрьски районĕ (Михайловпа Шорников юлташсем), Шупашкар райпотребсоюзĕ (Халапсинпа Никитин юлташсем), Етĕрне райпотребсоюзĕ (Ярузовпа Кузнецов юлташсем) çӳçе хуппи пĕр килограмм та хатĕрлемен. Çак асăннă районсен çӳçе хуппи хатĕрлеме пур условисем те çителĕклĕ. Вĕсем ĕçе пуçăнни, ăна йĕркелесе пыни кăна кирлĕ.

Правительство çӳçе хавне ӳстерме йышăннă. Иртнĕ çулта хатĕрлесе панă пĕр тоннăшăн 500 тенкĕ тӳленĕ пулсан, кăçалтан пуçласа пин тенкĕ тӳлеме тытăннă. Ку вăл çӳçе хуппи хатĕрлекенсене тата тухăçлăрах ĕçлеме хавхалантарать. Çак постановлени çинчен хăшпĕр районсенче ĕççыннисене каласа ăнлантарман-ха. Етĕрне районĕнче ӳстерсе тӳлевен çĕнĕ хак çинчен ĕççыннисем кăна мар, хатĕрлев кантурĕн работникĕсем хăйсем те пĕлмесçĕ. Ăна пула вĕсем мĕнле кирлĕ çавăн пек хак лартса договор тăвассĕ. Хăшпĕр договорсенче кашни тонна çӳçе хуппишĕн 300 тенкĕ, теприсенче—450 тенкĕ тӳлеме кăтартса çырнă. Çавăнпа ĕнтĕ Етĕрне райпотребсоюзĕ пĕр килограмм çӳçе хуппи те хатĕрлемен.

Çӳçе хуппи хатĕрлемелли вăхăт иртсе пырать. Халĕ мĕнпур вăя плана тултарас ĕçе хумалла. Ку тĕлĕшпе райпотребсоюзсемпе хатĕрлев кантурĕсен руководителĕсен ответлăха ӳстермелле.

**Н. ШАШУРИН.**
Чăвашпотребсоюзри хатĕрлев пайĕн начальникĕ.

## Каллех автовокзал çинчен

Кашни кун Шупашкара тĕрлĕрен ĕççĕмпе нумай çынсем килсе каяççĕ. Вĕсенчен чылайăшĕ автобуссемпе е такси машинисемпе усă курассĕ. Шупашкарти автовокзал пассажирсен ыйтăвĕсене тивĕçтермелле ĕçлеймест. Унти йĕркесĕрлĕхсем çинчен хаçатсенче çырнăччĕ, çапах та вĕсене пĕтерес пирки нимĕн те туман-ха. Кунта автобуссен çӳремелли расписанипе ячĕшĕн çеç çакнă, ăна пăхăнманнине кашни кунах курма пулать. Акă, июлĕн 26-мĕшĕнче Шупашкартан Канаша каякан автобус пĕррремĕш рейса çур сехет кая юлса тухса кайрĕ. Шупашкартан Муркаша каякансене автобус çине ларма билетсем сутнă, анчах вĕсен таса мар грузовик çине ларса кайма тиврĕ. Шупашкарпа Муркаш хушшинче çӳрекен автобусăн пĕрремĕш хут 7 сехет те 30 минутра тухса каймалла, автобус вырăнне панă грузовик 8 сехет те 30 минутра тин тухса кайрĕ. Кун пек тĕслĕхсене татах та нумай илсе кăтартма пулать.

Шупашкара килекенсенчен нумайăшĕ тĕрлĕрен груз турттарса каяссшăн. Çавăнпа вĕсене автомашина кирлĕ, анчах автотранспорт кантурĕнчен такси илме çав тери хĕн. Унти «йĕркесем» тăрăх, груз турттармалли машина илме пĕр кун малтан заявка памалла. Анчах заявка парсан та автомашина илме çук.

— Иилĕк талăк кĕтсе такси парасса, çаплах памаççĕ,—каласа кăтартать Ишлей районĕнчи Ишекрен килнĕ Е. Николаев.— Малтанхи хутĕнче мана такси илме улталаса автошкул патне ячĕç. Унта çитрĕм те, пĕлекен çынсем автовокзала кайса диспетчера заявка пама хушрĕç. Каялла таврăнтăм. Диспетчер ниепле те заявка илмест. Тепĕр кунне тин çырчĕç. Унтанпа тăватă кун çитрĕ, такси парасси пирки калаçасшăн та мар.

Автовокзалти работниксем ĕççыннисене хисеплемессĕ, вĕсемпе мăнкăмăллăн, йĕрĕнсе калаçассĕ. Антонов диспетчер, тĕслĕхрен, ятран килнĕ çынсемпе калаçасшăн та мар.

Автовокзалти йĕркесĕрлĕхсене хăвăртрах пĕтермелле.

**Л. ТЕРЕНТЬЕВ.**
Учитель.

## Данилова хăçанччен улталаса пурăнĕ?

ВĂРНАР. Пăртасри сепаратор пунктне 4 колхоз сĕт турттарать. Анчах та кунта сĕт йышăнассине начар йĕркеленĕ. Пунктра таса мар. Сепаратор пункчĕн заведующийĕ А. Данилова государствăна пама илсе пынă сĕте час-часах вăхăтра йышăнмасть, сăтавсăрах каялла таврăнса ярать. Çавăн пекех сĕтри çу хисепне палăртнă чухне те чакарса кăтартнă тĕслĕхсем пур.

Данилова киревсĕр ĕçсем туни çинчен Вăрнарти çу завочĕн директорне Смирнов юлташа пĕлтернĕ, анчах вăл нимле мера та йышăнмасть. Июлĕн 13-мĕшĕнче сепаратор пунктне ятарласа янă комисси килсе тĕрĕслерĕ, вăл Данилова колхозсене тата государствăна нумай улталаса пурăннине палăртрĕ.

Пăртасри сепаратор пунктĕнче тивĕçлĕ йĕрке тумалла. Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлес ĕçе Данилова пек çынсене шанса памалла мар.

**В. НИКОЛАЕВ.**

юлларса тунă тата çĕнĕ, ирĕклĕ Египетăн никам туртса илейми харпăрлăхĕ пулса тăракан Суэц каналне национализацилеме решени йышăнчĕ. Анчах Египет халăхĕн çак законлă ĕçĕсене хирĕç пырса, империализмла государствăсенчи власра тăракан ушкăнсем Египета хĕсĕрлеме пуçларĕç, ăна хăйĕн прависене пурнăçа кĕртме чарас тесе пĕтĕм вăйне хурассĕ.

Çак фактсем пурте империализмла государствăсем реакцилле, халăхсене хирĕçле политика тытса пынине уççăн кăтартса парассĕ. Империалистсем «демократи», «ирĕклĕх» сăмахсемпе темĕн чухлĕ вылясан та, вĕсем Совет Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсем çинчен, темĕн чухлĕ элек сарсан та, халăхсем çак политика мĕне пĕлтернине лайăх ăнланассĕ.

Рабочи класс вăл—обществăн çĕнĕ, капитализм чухне çитĕннĕ вăйĕ, вăл, çак вăй, хăй вăхăтĕнче буржуази феодалла аристократи вырăнне йышăннă пекех, буржуази вырăнне законлă йышăнать. Пăлах, обществăн çак çĕнĕ вăйĕ производствăн социализмла мелĕсене кирлĕ тăракан хăйĕн çĕнĕ, çӳлте тăракан демократи формисене туса хурать. Рабочи класс экономикăра пуçпулса тăни вăл политикăра пуçпулса тăнипе килĕшсе тăрать. Рабочи класс хăйĕн власне ĕç хресченĕсемпе тачă çыхăнăу тытса пурнăçа кĕртсе пырать. Совет Союзĕнчи, Китайри тата мĕнпур халăх демократи çĕршывĕсенчи ĕççыннисен класĕсем рабочи класпа унăн марксистла-ленинла партийĕсем ертсе пынипе шăпах ĕнтĕ демократин çак çĕнĕ формине, социализмла демократие туса хучĕç.

Совет Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсенчи социализмла демократизм никĕсĕ производство хатĕрĕсене; çĕрпе çĕр айĕнчи пурлăхсене, фабрикăсене, заводсене, чугун çулсене тата сул-йĕрĕн ытти хатĕрĕсемпе çыхăну хатĕрĕсене пĕрлештерни пулса тăрать. Çĕр ăна ĕçлекенсен, урăхла каласан, халăх аллинче пулни, фабрикăсем, заводсем, чугун çулсем вĕсене тăвакансен, вĕсенче ĕçлекенсен—ĕççыннисен аллинче, халăх аллинче пулни тĕрĕс те демократиллĕ.

Социализмла демократи, унăн формисем нумай тĕрлĕ пулсан та, социализмла экономикăлла базис çинчи политикăлла надстройка пулса тăрать.

Совет стройĕ хăй пуçланнă самантра тата хăй пурнăçĕн малтанхи çулĕсенче буржуазие, унăн идеологĕсемпе политикĕсене историре ăнсăртран пулнă япала пек туйăннă. Вĕсем Совет власĕ часах пĕтсе ларать тесе каланă. Анчах вăл пурăнать, аталанать, çирĕпленет. Хĕвелтухăçĕнчи тата Хĕвеланăçĕнчи миллионшар çынсем ăна кăмăлласçĕ. Унăн опытне курса нумай халăхсем çĕнĕ пурнăç тума вĕренесçĕ, çĕнĕ пурнăç тăвассĕ. Совет демократийĕ патне, хĕвел патне, шанчăк çăлкуçĕ патне туртăннă пек, капитализмла «ирĕклĕх» тĕнчинчи мĕнпур малта пыракан çынсем туртăнассĕ. Эпир çакна мăнаçлăн палăртатпăр: çав тери пултаруллă гуманистсем—Анатоль Франс, Ромен Роллан, Бернард Шоу, Теодор Драйзер, Томас Манн тата ыттисем те — социализмла совет демократин пысăк тусĕсем пулнă, вĕсем ăна этемлĕх шанчăкĕ тесе шутланă. Пĕтĕм тĕнчипе паллă, генилĕ писатель, чăнлăхшăн кĕрешнĕ Максим Горький совет стройне хӳтĕлекен кăна мар, унăн хастарлă строителĕ пулнă.

Социализмла совет демократийĕ халăх хушшинчи нумай миллион талантсене, пултаруллă та сивĕч ăс-тăнлă çынсене чечекленсе ӳсме ирĕк панă, халăхăн творчествăлла вăйĕсене çитĕнме пулăшрĕ, малалла та пулăшать. Пирĕн çĕршыв, вăрçăсем пысăк сиен кӳнĕ пулин те, Совет власĕ вăхăтĕнче тĕнчери питех те асла индустриллĕ держава пулса çитĕнчĕ. Ĕлĕк хут пĕлмен Росси совет демократийĕн условийĕсенче 40 çул хушшинче талăкшипех хут пĕлекен çĕршыв пулса тăчĕ. Эпир 200 миллион çын пурăнакан калама çук пысăк çĕршывра пурне те тӳлевсĕр çичĕ çул вĕрентес ĕçе пурнăçа кĕртрĕмĕр. Халĕ пурне те тӳлевсĕр вунă çул вĕрентес ĕçе ытăнтăмăр.

Пирĕн çĕршывра халĕ 50 миллион çын ытла вĕренет. Пĕтĕм Советлă социализмлă çĕршыв вăл—калама çук пысăк университет.

Буржуалла публицистсемпе реакцилле политиксем экономика тĕлĕшпе кая юлнă Россия виçĕ вунăçуллăхра хăватлă индустриллĕ держава, малта пыракан культура, наука, техника çĕршывĕ пулса тăнине тупсăмне тупас тесе пуçĕсене çавăрассĕ. Вĕсем пирĕн халăх хамăр çĕршыва техникăпа экономика прогресĕшĕн тӳссе ирттернĕ йывăрлăхсем çинчен кăшкăрассĕ. Чăн, йывăрлăхсем пулнă, сахал мар пулнă. Совет çыннисем нумай йывăрлăхсем тӳснĕ. Çав йывăрлăхсене вĕсем ăнланса, капитализмла йĕркеллĕх условийĕсенче социализм çĕнтертĕр, хăйсен Тăван çĕршывĕ никама пăхăнман çĕршыв пултăр тесе тӳссе ирттернĕ.

Анчах буржуалла суккăрсем истори «тĕлĕнтермĕшĕн»—ăйăхи, кая юлнă Россия кĕске вăхăтрах хăватлă, малта пыракан экономикăпа культура вăйĕ пулса тăнин тупсăмне пихсан та ăнланес çук. Унăн тупсăмĕ вуншар миллион ирĕклĕ çынсен аслă творчествăлла пуçарулăхĕ, общество пурнăçĕнче пур çĕрте те халăх творчестви чăн-чăн çурхи шыв пек тулса тăни пулать. Халăх массисен çак пуçарулăхĕсĕр, вĕсен пултаруллă ĕçĕсĕр пирĕн çĕршыв çавăн пек пысăк çитĕнӳсем тăваймалл пулĕччĕ, вăл çитĕнӳсене халĕ пирĕн чи хаяр тăшмансем те йышăнассĕ. Экономика, политика тата ăс-хакăл пурнăçĕнче миллионшар çынсен пуçарулăхĕпе пултаруллă ĕçĕ пирĕн демократин тĕп палăрăсенчен пĕри.

Пĕр вăхăт хушши пирĕн çĕршывра социализмла стройпа социализмла идеологишĕн ют йăла—И. В. Сталина ытлашши пысăклатса хурас йăла сарăлнă. Çак йăла пирĕн халăха пысăк сиен кӳнĕ, демократизма хăшпĕр таран пăснă. Анчах пуçмăртан ирĕке тухнă, çĕнĕ, социализмла пурнăç тăвакан вуншар миллион çынсен творчествăлла пуçарулăхне ӳсма уйрăм çынна ытлашши пысăклатса хурас нимĕнле йăла та чарайман, чарма та пултарайман. Çавăнта ĕнтĕ пирĕн социализмла стройăн хăвачĕ, никам çĕнтереймен вăйĕ, çĕнĕ, социализмла демократин вăйĕ палăрчĕ.

Уйрăм çынна ытлашши пысăклатса хунине хирĕç, совет демократине малалла аталантарассишĕн кĕрешни халăх массисен творчествăлла активлăхне çĕнĕ пусăма çĕклерĕ. Халăхăн творчествăлла активлăхĕ ӳсни пирĕн парти ертсе пынипе кăçал ялхуçалăхĕнче пысăк çĕнтерӳсем тума май пачĕ.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви халăхсен туслăхне çирĕплетме, социализмла демократизма аталантарма пур майсемпе те тăрăшассĕ, ĕççыннисен пуçарулăхне ӳстерме, государство аппаратĕпе массăсем хушшинчи çыхăнăва çирĕплетме кирлĕ паха ĕçсем туса иртерессĕ. Çак ĕçсен шутне союзлă республикăсен прависене пысăклатни, социализмла законлăха çирĕплетни, вырăнти пуçарулăха вăйлатас тесе планлас йĕркене улăштарни, вырăнти Советсен ĕçне вăйлатни, критикăпа самокритикăна вăйлатса пыни кĕрессĕ.

3.

Буржуалла теоретиксемпе политиксем Совет Союзĕнче пĕр парти кăна—совет халăхĕн пурнăç интересĕсене палăртса тăракан Коммунистсен партийĕ кăна пулнине тĕрĕс мар тесе шутлассĕ.

Политикăлла партисем пĕр-пĕрне хирĕçле интересемпе пурăнакан пĕр-пĕрне хирĕçле классем пур çĕрте кăна нумай пулассĕ. Истори опычĕ çакна кăтартса парать: партисем, сăмахран, буржуалла обществăра, антагонистла классем пур тата вĕсем хушшинче кĕрешӳ пыракан çĕрте, нумай пулассĕ. Ĕлĕк Россиăра та политикăлла партисем нумай пулнă.

Социализм çĕнтернине пула Совет Союзĕнче çĕнĕ общество пулнă, унта тăшмана классем çук, пĕр-пĕрин интересĕсем килĕшмен социаллă ушкăнсем çук. Шăпах çавăнпа ĕнтĕ пирĕн çĕршывра Коммунистсен партийĕсĕр пуçне ытти партисене пуçласа кайма тата ĕçлеме социаллă никĕс çук. Çакă вăл социализм тăвакан ытти çĕршывсенче историри палăлă условисенче правительство ĕçне ытти партисем хутшăнма пултараймассĕ тенине пĕлтермест. Ун пек чухне ертсе пыракан вырăнта кирек хăçан та марксистла парти тăрать, мĕншĕн тесен вăл рабочи класпа пĕтĕм халăхăн пурнăç интересĕсене туллинрех палăртать.

Пĕр коммунистсен партийĕ кăна совет халăхĕн интересĕсене палăртма тата хӳтĕлеме пултарать-и? Истори опычĕ ăна тарать тесе ответ парать. Çакна пирĕн мĕнпур çĕнтерӳсем, Коммунистсен партийĕ ертсе пыракан Совет государствин пĕтĕм политики, совет халăхĕн пурнăçĕ лайăхланса пыни кăтартса парать.

КПСС—массăллă парти, унăн ретĕсенче çичĕ миллион çын тăрать. Унпа çывăх комсомол ĕçлет, унăн ретĕсенче 18 миллион çын ытла шутланать. Çĕршыв пурнăçĕнче профессиллĕ союзсен ролĕпе пĕлтерĕшĕ ӳснĕçем ӳсет, вĕсем Совет Союзĕнчи пĕтĕм рабочи класа пĕрлештерсе тăрассĕ. Коммунистсен партине пурнăçри миллионшар тĕрлĕ майсем халăхпа, хуларипе ялти ĕççыннисен анлă массисемпе çыхăнтарса тăрассĕ. Парти рабочи класс, хресченсем тата интеллигенци хушшинчи чи лайăх çынсене хăй ретĕсене илсе, ӳсе пырать.

Коммунистсем пур çĕрте те халăх массисем хушшинче ĕçлессĕ. Çавăн пек парти пĕтĕм халăх интересĕсемпе ыйтăвĕсене палăртма, хӳтĕлеме, пурнăçа кĕртме, чи демократиллĕ политика тытса пыма пултарать.

Власа тытса тăракан парти пулса, государство органĕсен пуçĕнче тăрса, пирĕн парти государствăна тытса тăрас ĕçе партире тăманнисене куллен анлăн хутшăнтарма тăрăшать. Советсем—халăх массисен хăйсен пултарулăхĕпе ĕçлекен организацисем. Вĕсемсĕр, вĕсем пулăшмасăр Совет власĕ хăй тăвакан ĕçсене пĕрне те туса ирттерейĕмен пулăччĕ. ССР Союзĕпе союзлă республикăсен Верховнăй Совечĕсене, вырăнти Советсене партире тăман рабочисене, хресченсене, служащисене çĕршер пин суйланă.

Демократи паллисенчен пĕри вăл уйрăм çын ирĕклĕхĕ; пичет ирĕклĕхĕ, пухусем, демонстрацисем ирттермелли ирĕклĕх пулса тăрать. Буржуалла государствăсен конституцийĕсенче çак ирĕклĕхсем çинчен анлăн пĕлтерессĕ, анчах унта чăннипе ĕç пачах урăхла. Сăмахран, уйрăм çын ирĕклĕхне буржуалла обществăра кирек ăста та çав тери хытă хĕснĕ. мĕншĕн тесен рабочисем экономика тĕлĕшпе пур енчен те капиталистсене, хресченсем помещиксене, интеллигентсем укçа енчĕкĕн власĕпе вăйне пăхăнса тăрассĕ. Рабочисене хаçатсем, журналсем кăларма, радиостанцисем тытма ячĕшĕн право панă, анчах вĕсен хут илме, типографисем, радиостанцисем тытма укçа çук. «Ирĕклĕх патшалăхне кĕмелли» çак чи кирлĕ условисем пурте капиталистсен класĕн аллинче тăрассĕ.

«Капитализмла обществăра, — тенĕ Ленин,—ĕççыннисен экономикăлла пурнăçĕнчи тĕп ыйтусене вĕсем виçĕ е лайăх пурăнассине капиталист татса парать— вăл хуçа, вăл тӳрă! Капитализмла çĕршывсенче пуринче те, демократилле республикăсенче, çавăн пек чухне халăх тимлĕхне сăмах ирĕклĕхĕ текен сутăнчăк буржуалла пресса сĕвĕрсе ярать, вăл çав массăна суйма, улталама темĕн те пĕр шухăшласа кăларать, пуринпе те усă курать!» (Соч., 30 т., 454—455 стр.).

Рабочи класс политикăра хăй пуçпулса тăрсан кăна хăй аллине типографисем, хут, радио, пухусем ирттерме çуртсем илет, çапла вара чăн-чăн демократиллĕ ирĕклĕхсем валли чăннипех материальнăй условисем тăвать. Пирĕн социализмла совет пичечĕпе халăх демократи çĕршывĕсенчи пичет, ĕçре çитменлĕхсем пулсан та, чăннипех демократиллĕ, халăх пичечĕ пулса тăрать, вăл ĕççыннисен интересĕсене палăртса, çав интересене хӳтĕлет. Вăл халăх валли ĕçлекен пичет кăна мар, халăхăн хăйĕн пичечĕ. Вăл тĕнчери чи тĕрĕслĕхлĕ, чи прогрессивлă пичет.

Буржуазипе унăн идеологĕсем уйрăм харпăрлăх çук çĕрте ирĕклĕх çук, тессĕ. Çапла каласа буржуази буржуалла ирĕклĕхĕн чăн пĕлтерĕшне, характерне кăтартса парать: вăл—капиталистсен ирĕклĕхĕ, производство хатĕрĕсене, фабрикăсене, заводсене, çĕре, банксене, «суту-илӳ предприятийĕсене тытса тăракансен ирĕклĕхĕ.

(Юлашки 4-мĕш страницăра).

## Египетри митинг

КАИР, августăн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Египет правительстви Суэц каналĕн компанине национализацилесси çинчен йышăннă решение хÿтĕлес тĕллевпе августăн 10-мĕшĕнче Каирти Ат-Тахрир площадĕнче нумай пин çынлă митинг ирттернĕ.

Митинга мусульман халăхĕсене ирĕке кăларассишĕн кĕрешекен, нумай çĕршывсенчи арабсемпе мусульмансен организацийĕсене пĕрлештерсе тăракан ассоциаци пухнă. Унта Египетри обществăлла организацисен, Азири, Африкăри тата Европăри арабсемпе мусульмансен организацийĕсен представителĕсем хутшăннă, пурĕ тĕнчери 26 çĕршывран представительсем пулнă.

Ат-Тахрир площадьне ялавсемпе илемлетнĕ. Пур çĕрте те—халăхсен туслăхне çирĕплетме, ирĕклĕхе тата нацисен никама пăхăнманлăхне хÿтĕлеме чĕнекен лозунгсемпе транспарантсем.

Митинга Египетри паллă обществăлла деятель, мусульман халăхĕсене ирĕке кăларассишĕн кĕрешекен ассоциаци представителĕ Абдул Латиф Драз шейх уçнă. Эпир, тенĕ вăл, хамăрăн халăхсен ирĕклĕхĕне никама пăхăнманлăхĕшĕн, хамăрăн государствăсене ют çĕршыв влиянийĕнчен хăтарассишĕн татăклăн кĕрешĕпĕр. Абдул Латиф Драз империализмла государствăсен политикине сивленĕ. Вĕсем, тенĕ вăл, арабсен çĕршывĕсене аталанма парасшăн мар, вĕсене пăхăнтарса тăма çăмăлтарах пултăр тесе тăрăшаççĕ.

Митингра çавăн пекех Марокко, Алжир, Тунис, Палестина, Сири, Ливан, Иордани, Йемен, Судан, Афганистан, Нигери, Ылтăн Çыран, Сомали представителĕсем, Китай Халăх Республикинчи, Индири, Югославири, Албанири тата ытти çĕршывсенчи мусульмансен организацийĕсен представителĕсем тухса каланă.

Митингра тухса калакан ораторсем Египет правительстви Суэц каналне национализацилесси çинчен йышăннă решение пĕр кăмăллă пулса ырланă, ку вăл Египет халăхĕн интересĕсене тивĕçтерекен законлă ĕç пулса тăрать, тенĕ.

Митингри халăх, пĕр кăмăллă пулса, тăвăллăн алă çупса, ырлакан сăмахсем каласа кăшкăрса, резолюци йышăннă. Унта «Суэц каналне национализацилесси çинчен йышăннă историлле решение пурнăçлас, каналăн чăн-чăн хуçисен прависене çĕнĕрен çирĕплетес ĕçре Гамаль Абдель Насер президента пур енĕпе те пулăшас-си» çинчен каланă. Резолюцире «империалистла политиксем Египетăн шалти ĕçĕсене хутшăнма хăтланнийне» сивленĕ, ку вăл «тĕнчери халăхсен прависене тата Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн Уставĕн положенийĕсене сăмсăрлансе пăсни пулса тăрать», тенĕ.

Митингра пулнисем çапла пĕлтернĕ: мусульман халăхĕсем пурте пĕр шухăшлă, Египета, çавăн пекех мусульмансен тĕнчинчи мĕнле те пулин урăх çĕршыва империалистла державăсем юнаса хăратма е агрессилле ĕç тума хăтланнине хирĕç пĕтĕм вăйпа кĕрешме хатĕр тăраççĕ.

Митингра пулнисем августăн 15-мĕшĕ арабсемпе мусульмансен мĕнпур çĕршывĕсенче пĕтĕмĕшле забастовка тумалли кун пулать тесе пĕлтернĕ.

Митингра туса хунă комитета çапла хушнă: митинг решенийĕсем çинчен митинга хăш государствăсен представителĕсем хутшăннă, çав государствăсене пурне те пĕлтермелле, тенĕ.

## Суэц ыйтăвĕ çине Югослави мĕнле пăхни çинчен

### *Тито президент заявленийĕ*

БЕЛГРАД, августăн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Египет правительстви Суэц каналĕн компанине национализациленĕ пирки, çавăн пекех Лондонра пухакан конференци тĕлĕшпе Югослави правительстви мĕнле позици йышăнни çинчен ТАНЮГ агентствин директорĕ панă ыйтусем çине ответлесе, Федеративлă Югослави Республикин президенчĕ Иосип Броз Тито çапла каланă: ĕлĕк пулнă Австро-Венгрин 1888 çулхи конвенци çинче никĕсленсе тăракан прависемпе Югослави законлă йĕркепе усă курма тивĕçлĕ. Кунсăр пуçне, Югослави Вăтаçĕр тинĕс бассейнĕнчи тинĕçлĕ державăсенчен пĕри пулса тăрать, çавăнпа та вăл Суэц каналĕ тăрăх суднăсем çÿретес ĕçпе хытă интересленет.

Югослави Суэц каналĕ тăрăх суднăсем çÿретес ыйтăва пăхса тухакан кирек мĕнле конференцие те хутшăнма тивĕçлĕ. Лондонри конференцие пухакан виçĕ держава Югославин çак правине пачах шута илмени пиртĕ тĕлĕнтерет. Ку вăл, тенĕ Тито, ăнсăртран килсе тухмарин курăнать ĕнтĕ, мĕншĕн тесен çак ыйтупа интересленекен ытти чылай çĕршывсене те конференцие чĕнмен. Çакă ĕнтĕ пулас конференци тĕллевĕсем пирки, вăл усăллă пуласси пирки иккĕлентерсе шухăшлаттарать.

Суэц каналĕн компанине национализацилеме илес пулсан, эпир çапла шутлатпăр: пĕр-пĕр суверенлă çĕршыв хăйĕн территорийĕнче кирек мĕне те национализацилеме пултарать, вăл çĕршыв çакна халăхпа государство суверенитечĕн интересĕсемшĕн кирлĕ тесе шутлать пулсан; унăн çак прави пирки никам та тавлашма пултараймасть. Кунта, чăннипе илсен, Египет компанийĕ çинчен, Египет законĕсене пăхăнса тăракан компани çинчен сăмах пырать. Эпир çапла шутлатпăр: каналшăн, ăна йĕркеллĕ ĕçлеттерессишĕн тăрăшасси, çавăн пекех канала тытса тăрас ĕç Египетăн тивĕçлĕ прави пулса тăрать. Паллах ĕнтĕ, суднăсене пур çĕрте те, çав шутра Суэц каналĕ тăрăх та ирĕклĕн, пĕр чăрмавсăр çÿретес йĕрке пĕтĕм тĕнчене интереслентерет. Каламасăрах паллă, тĕнчери çĕршывсемшĕн пысăк вырăн йышăнса тăракан çавăн пек çул хăш çĕршыв территорийĕ тăрăх иртсе пырать, çав çĕршыв хăйĕн тĕнчери çĕршывсем умĕнчи обязательствисене пурнăçласа пырĕ. Çак обязательствăна хисеплени çинчен Египет правительстви те пĕлтерчĕ.

Эпир, тенĕ Тито президент, çапла шутлатпăр: Лондонри конференцие пухмалли йĕркене кура, вăйпа усă курассипе юнанине кура Египет тата интересленекен ытти çĕршывсем конференцие пырма пултараймаççĕ. Нимĕнле конференци те Египетăн Суэц каналĕн компанине национализацилес прави çинчен сÿтсе явма пултарайманнине уйрăмах палăртмалла. Египетăн канала тытса тăма, канал тăрăх суднăсем ирĕклĕ çÿретес ĕçе йĕркелеме право пур. Тĕнчери çĕршывсен конференцийĕ суднăсем çÿретес ирĕклĕх принципĕсемпе усă курмалли условисем çинчен кăна сÿтсе явма пултарать. Ку ыйтăва сÿтсе явас ĕçе Египет ытти сеимпе пĕртан правăпа хутшăнмалла. Египета уншăн юрăхсăр решенисем йышăнтарас тĕллев лартни пулмалла мар.

## Социализмла демократи— халăхăн аслă çĕнтерĕвĕ

(Юлашки. Пуçламăшĕ 2—3-мĕш страницăсенче).

Буржуаллă государствăсенчи деятельсем час-часах капитализмла çĕршывсене ирĕклĕх тĕнчи теме юратаççĕ, çав ирĕклĕх тĕнчи вĕсен шучĕпе халăха çаратмалли ирĕклĕхĕ, пур ĕçсене те ĕçсыннисен массисене усă кÿме мар, монополисене усă кÿме тунине пĕлтерет.

США-ри официаллă пропагандистсем Америкăри пурнăç йĕркине касса кайса мухтаççĕ. Вĕсем калани мĕн чухлĕ тĕрĕс пулнине «Паянхи США» ятлă кĕнеке тăрăх пĕлме пулать, ăна либераллă шухăшлакан икĕ американец—Эленна Скотт Ниринг 1955 çулта çырнă. Вĕсем виçĕ çул хушши автомобильпе США тăрăх çÿренĕ, вуншар пин çынпа калаçнă, вара çакăн пек выводсем тунă:

«Эпир шикленсе те хăраса пурăнакан, канăçне çухатнă, иккĕленÿсемпе хирĕçÿсене пула аптраса, хăйсен вăйне ĕненменнипе асаплансакан, пурте хăйсен пурнăçĕ шанчăксăр пулнине туйса тăракан çынсем хушшине лекрĕмĕр. Çакă вĕсене асаплантарать çеç мар, йăлтах минретет. Ывăнлăха пурте: пуянисем те, чухăнисем те, çÿлтисем те, аялтисем те туйса тăраççĕ... Экономика пуласлăхĕ çинчен, ядерлă хĕспăшалпа усă курса е унсăрах пысăк вăрçă пулас майсем çинчен çав тери шиклĕ ыйтусем параççĕ.

Эпир вăрă-хурахсен, çаратакансен, хĕрăрăма уксалла сутăнма илĕртекенсен çĕршывне лекрĕмĕр. Пур çĕрте те делецсем хуçаланаççĕ... Химиксем çынсен усă куракан апат-çимĕçпе пыла наркăмăшлаççĕ, психологсем, реклама авторĕсемпе радиокомментаторсем çынсен ăс-тăнне пăсаççĕ.

Эпир курнă çĕршывра çынсен канăçĕ çук, вĕсем пурнăç шанчăкне çухатаççĕ, кус умне курăнна хăраççĕ, кÿршисенчен пытанаççĕ, хăйсенчен хăйсем пытанаççĕ. Канăçсăрлăх пурне те çавăрса илет— карьера туса çемьелĕ пулма тăрăшакан çамрăксем те, квалификацилĕ тата квалификацисăр рабочисем те, ĕçĕсем ăнса пыракан ирĕклĕ профессилĕ çынсемпе коммерсантсем те, государство служащийĕсем те, ватă арçынсемпе хĕрарăмсем те ялан мĕншĕн те пулин шикленсе пурнаççĕ. Пурне те шанчăксăрлăх туйăмĕ асаплантарать».

США-ри буржуалла политикăлла деятельсем США-н влиянийĕпе авторитечĕ хăрушла чакнă пирки пăшăрханаççĕ. Америкăн Индири посолĕ пулнă Боулс çапла çырать: «Тĕнчере пулса тăнă ларутăрăва тăрă пуçпа хак парса, пирĕн çак кăмăла каймал факта йышăнас пулать: этемлĕхĕн пысăк пайне демократилле Америка мар, шăпах Совет Союзĕ ытларах илĕртекен малашлăх сĕнет».

* * *

Совет демократийĕ буржуалла демократирен—пуснăрти миллионшар çынсене пусмăрçăсен пĕчĕк ушкăнне пăхăнтаракан демократирен—пачах урăхла. Совет Союзĕнче, социализм лагерĕнчи çĕршывсенче власть ячĕшĕн мар, чăннипех халăх аллинче тăрать. Совет халăхĕ—хăй çĕршывĕн пĕртен-пĕр тулли праваллă хуçи. Унăн мĕнпур мухтавлă ĕçĕсемпе çĕнтерĕвĕсене хавхалантаракан организаторĕ аслă Коммунистсен партийĕ пулса тăрать, çак партин халăх интересĕсемсĕр пуçне урăх интересĕсем çук. Пĕтĕм власа халăх тытса тăни,—çакă пулать те ĕнтĕ чăн-чăн демократи. Буржуалла фальсификаторсем темле тăрăшсан та, вĕсем тĕнчери халăхсенчен çак чăнлăха пытараймĕç: Совет Союзĕнче тата ытти социализмла çĕршывсенче историре малтанхи хут чăннипех демократиллĕ, чăннипех халăх строе туса хунă, малашне çав строй пур çĕрте те çĕнтерĕ.

Ф. КОНСТАНТИНОВ.
(«Правда» хаçат, 1956 çулхи августăн 5-мĕшĕ).

## Суэц каналĕ çинчен тăракан ыйту пирки Совет правительстви тунă заявлени çинчен урăх çĕршывсенче мĕн çыраççĕ

### КИТАЙ ХАЛАХ РЕСПУБЛИКИ

ПЕКИН, августăн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Совет правительстви Суэц каналĕ çинчен тăракан ыйту пирки тунă заявлени текстне Китайри центральлă хаçатсем пурте лайăх курăнакан вырăнсенче, пысăк заголовоксемпе пичетлесе кăларнă.

«Совет Союзĕн ыйтăва тĕрĕс татса пама пулăшакан сĕнĕвĕсем» ятлă умстатьяра «Женьминьжибао» хаçат çапла çырать: Совет правительствин заявленийĕ пĕтĕм тĕнчери мир ĕçĕшĕн пысăк вырăн йышăнса тăрать. Çак заявлени Совет Союзĕ хăйсен никама пăхăнманлăхĕпе ирĕклĕхĕшĕн кĕрешекен халăхсен чăн-чăн тусĕ пулса тăнине татах тепĕр хут кăтартса парать.

Совет правительстви Суэц каналĕ çинчен тăракан ыйту пирки тунă заявление ырласа, Тяньзиньри «Дагунбао» хаçат Англипе Францие çĕнĕ лару-тăрăва тĕрĕс пăхса тухма, Суэц каналĕ çинчен тăракан ыйтăва мирлĕ майсемпе, кучухнехи условисем хушнă пек татса памалли çулпа пыма, çак ĕçре ытти çĕршывсен никама пăхăнманлăхĕпе суверенитетне хисеплеме чĕнет.

### ИНДИ

ДЕЛИ, августăн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Совет правительстви тунă заявлени пирки Индири хаçатсем пурте нумай çыраççĕ. Заявлени содержанийĕ çинчен çырса пĕлтерсе, хаçатсем çакна палăртаççĕ: Совет правительстви Лондонри конференцие хутшăнма килĕшрĕ, анчах вăл конференцие хутшăнакан çĕршывсен хисепне ÿстерни, конференцие август вĕçĕнче тин пухни тĕрĕс пулать, тесе шутлать. Заявлени çинчен пĕлтернисене хаçатсем пысăк заголовоксемпе пичетлесе кăларнă. «Таймс оф Индиа» хаçат, сăмахран, çапла çырать: «Россия конференцие хутшăнать. Вăл конференцие хутшăнакан çĕршывсен хисепне ÿстерме, ăна август вĕçĕнче пухма сĕнет».

«Хиндустан стандарт» хаçат заявленин пĕтĕм текстне пичетлесе кăларнă. Заголовокра хаçат çапла çырать: «Суэц каналĕ патĕнчи лару-тăрăва хĕвеланăçĕнчи çĕршывсем мĕнле хакланине Россия килĕшмест».

Совет правительствин заявленийĕ Индири политикăлла ушкăнсене питĕ интереслентерет.

### СИРИ

ДАМАСК, августăн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Совет правительстви Суэц каналĕ çинчен тăракан ыйту пирки тунă заявлени Сирири хаçатсене халĕ нимĕнрен те ытларах интереслентерет. Заявлени содержанийĕ çинчен вĕсем пĕрремĕш страницăсенче, пысăк заголовоксемпе çырса пĕлтереççĕ. «Ар-Рай Аль-Амм» хаçат заголовокĕнче çапла каланă: «Совет Союзĕ Египет ĕçĕсене ырлать, хĕвеланăçĕнчи çĕршывсем агрессорла юнанине сивлет». Заявленире каланă тăрăх, Суэц каналне национализацилени çинчен тăракан ыйтăва çĕнĕрен пăхса тухма хăтланни вăл никама та пăхăнмасăр пурăнакан Египетăн шалти ĕçĕсене хутшăннине пĕлтерет,—çак сăмахсене хаçат уйрăмах палăртать.

«Ан-Насер» хаçат заголовокĕнче çапла каланă: «Мускав Англипе Францие асăрхаттарса калать: çар енĕпе тăвакан ĕçсем Вăтам Хĕвелтухăçĕнчи мир умне хăрушлăх кăларса тăратаççĕ. Совет Союзĕ Лондонри конференцие хутшăнать, анчах хăйне нимĕнле обязательствăсемпе те çыхăнтармасть».

«Барада» хаçат çакна палăртать: «Совет Союзĕ Суэц каналĕ çинчен тăракан ыйтăва сÿтсе явма хĕвелтухăçĕнчи государствăсемпе арабсен государствисене чĕнмелле, тесе требовани лартать».

«Ан-Нур» хаçат Совет правительстви заявленийĕн пĕтĕм текстне çакăн пек заголовокпа пичетлесе кăларнă: «Совет правительствин заявленийĕнче çапла каланă: Египет правительстви Суэц каналĕн компанине национализацилес правине хирĕç тĕнчери çĕршывсен нимĕнле конференцийĕ те тăма пултараймасть».

### ЧЕХОСЛОВАКИ

ПРАГА, августăн 11-мĕшĕ. (ТАСС). «Мир интересĕсемшĕн» ятлă умстатьяра «Обрана люду» хаçат çапла çырать: Суэц каналĕ çинчен тăракан ыйту пирки пухакан конференцие Совет Союзĕ хутшăнни Вăтам Хĕвелтухăçĕнчи мире сыхлас ĕçре пысăк вырăн йышăнса тăрать. Нимĕн иккĕленмелли те çук, тесе çырать хаçат, Совет Союзĕ Вăтам Хĕвелтухăçĕнчи мире хÿтĕлесе калакан сăмахсене шута илмесĕр тăма çук.

Совет правительстви хăйĕн представителĕсене Лондонри конференцие ăна йышăнни вăл, тесе çырать хаçат, Совет Союзĕ кирек мĕнле ыйтăва татса панă чухне те мирлĕ калаçусене вăйпа хĕсессинчен маларах хунине татах тепĕр хут кăтартса парать.

Юлашкинчен хаçат çапла çырать: Суэц каналĕн ыйтăвне татса панă чухне хĕвеланăçĕнчи державăсен «вăйпа хăратмалли политики» ăнăçлă пулас çук.

### БОЛГАРИ

СОФИЯ, августăн 11-мĕшĕ. (ТАСС). «Работническо дело» хаçат çапла çырать: Совет правительстви Суэц каналĕ çинчен тăракан ыйту пирки тунă заявленире Совет Союзĕ тĕнчере тухса тăракан мĕнпур ыйтусене мирлĕн, халăхсен прависемпе законлă интересĕсене шута илсе татса пама тăрăшни палăрса тăрать. Çак вăхăтрах унăн заявленийĕ хĕвеланăçĕнчи колонизаторла шухăшлă ушкăнсене тивĕçлĕ ответ парĕ. Суэц каналĕпе усă курса вуншар çулсем хушши пуйса пурăннă компани интересĕсене хÿтĕлекен çак ушкăнсем пачах та вырăнсăр, тĕрĕс мар ĕçсем тăваççĕ.

Египет тĕлĕшпе тухса тăнă ĕçре те Совет Союзĕ, яланхи пекех ĕнтĕ, ыйтăва тĕрĕс татса парассишĕн тăрать, государствăсен ирĕклĕ аталанăвне, вĕсен суверенлă прависене хÿтĕлет, колониализма хирĕç, халăхсене чуралантарассине, агрессилле ĕçсене хирĕç тăрать.

Совет правительстви тĕнчери çĕршывсен конференцине Болгарие те хутшăнтармалла тесе сĕнÿ панине, тесе çырать юлашкинчен «Работническо дело» хаçат, пирĕн пĕтĕм халăх ырлать.

### АНГЛИ

ЛОНДОН, августăн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Совет правительстви Суэц каналĕ çинчен тăракан ыйту пирки тунă заявлени çинчен Англири хаçатсем çав-çавах нумай çыраççĕ.

Совет правительствин заявленийĕ Англи общественноçне хытă шухăшлаттарать. Çакна кура ĕнтĕ, заявлени влиянине вăйсăрлатас тесе, «Дейли телеграф энд морнинг пост» хаçатпа ытти буржуалла хаçатсем çак заявлени «пропаганда енĕпе тунă ĕç» пулса тăнă пек кăтартма хăтланаççĕ. Чылай хаçатсен комментаторĕсем, заявленири сĕнÿсене хирĕç калама нимĕнле сăлтав та тупаймасăр, ытла та нумай шавласа ку сĕнÿсене йышăнмалла мар, тесе чĕнеççĕ.

Чылай хаçатсем пичетлесе кăларнă хыпарсем çакна кăтартса параççĕ: Англири паллă ушкăнсем хăйсен Египета хĕсес, вăрçăпа юнас политикине халĕ те пăрахман-ха.

«Дейли геральд» хаçат корреспонденчĕ çапла пĕлтерет: Англи правительстви тинĕс тăрăх Вăтам Хĕвелтухăçне çарсем илсе пырас ĕçе вăйлатма йышăннă. Корреспондент каланă тăрăх, Англи тинĕс-çар флочĕ транспорт суднисем вырăнне халиччен резерва куçарнă авианосецсемпе усă курма приказ илнĕ. Суту-илÿ флочĕ йывăр оборудовани, çав шутра грузовиксемпе танксем тиесе кайма суднăсем парать. «Çак хĕрÿллĕ ĕç,—тесе çырать корреспондент, — çитес икĕ эрнере пулса иртет».

Çав вăхăтрах Суэц ыйтăвĕ тĕлĕшпе çапла «вăйпа хăратмалли политика» тытса пыма хăтланни Англи общественноçне ытларах та ытларах пăшăрхантарать. Лейбористсен партийĕн ертсе пыракан деятелĕсем Гриффитспа Робенс августăн 10-мĕшĕнче Англи премьер-министрĕ Иден патĕнче пулни çинчен каласа, «Дейли мейл» хаçат çапла çырать: «Суэц каналĕ çинчен тăракан ыйтура Англин политика тĕлĕшĕнчи пĕрлĕхĕ арканма пуçлани палăрать. Çакăн хыççăн ĕнтĕ оппозици руководителĕсем Иден патне пынă».

«Дейли уоркер» хаçатра Иден августăн 8-мĕшĕнче радио тăрăх тухса каланă сăмах çинчен парламент членĕсем — лейбористсем мĕн каланине пичетлесе кăларнă. Вĕсен сăмахĕсем лейбористсен юхăмĕнче мĕнле шухăш-кăмăл вăйланса пынине кăтартса параççĕ.

Çапла, сăмахран, Феннер Брокуэй акă мĕн каланă: «Иден сăмахĕнче Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕ çинчен пĕр сăмах та асăнман. Ку вăл начар япала. Тĕнчери çĕршывсем хушшинчи ĕçсем енĕпе Англи политики Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕ çине таянать, тесе шутлаççĕ. Анчах та Англипе Франци, Пĕрлешнĕ Нацисен Организацине нимĕн вырăнне те хумасăр, вăйпа усă курма хатĕр тăраççĕ».

Уильям Гриффитс çакна палăртать: премьер-министр радио тăрăх тухса каланă сăмах, «халĕ ытларах, та ытларах шикленекен Англи халăхне пачах та лăплантараймасть; халăх хăйне юнлă вăрçа кĕртсе ярасран шикленет».

Морис Орбач çапла пăшăрханса калать: Антони Иден радио тăрăх тухса каланă сăмахра вăл «тĕнче общественноçĕн шухăш-кăмăлне тимлĕн шута илме» хатĕр тăни палăрмарĕ.

Конни Зиллиакус шучĕпе, Иден сăмахĕ çакна кăтартса парать: Иден парламент членĕсен пĕр ушкăнĕн — консерваторсен партийĕнчи чи реакцилле çынсен представителĕсен влиянине лекнĕ.

Уильям Уорби çапла каланă: «Мана Иден сăмахĕ хытă тĕлĕнтерчĕ. Вăл, Англи правительстви, хăйĕн тĕллевне конференцире пурнăçлаймасан, вăйпа усă курма шутлани çинчен калать. Ку вăл Англи халăхĕн шухăшĕ мар. Англи халăхĕ ыйтăва мирлĕ майпа татса парасшăн...»

## «ЛАОС ИСТОРИЙĔНЧИ ÇĔНĔ САМАНА ПУÇЛАМĂШĔ»

ПЕКИН, августăн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Лаосăн король правительствипе Патет-Лао чăсĕсен делегацийĕсен юлашки ларăвĕ пулса иртнĕ. Лару хыççăн калаçусен итогĕсем çинчен пĕрле пĕлтерни çине алă пуснă.

Ун çине алă пуснă хыççăн король правительствин премьер-министрĕ Суванна Фума çапла каланă: король правительствипе Патет-Лао чăсĕсем хушшинчи политикăлла ыйтусене йĕркелес тĕлĕшпе ирттернĕ калаçусен результачĕсем икĕ енĕ те тăван çĕршыва пĕрлештерме тăрăшнине кăтартса пачĕç.

Калаçусен результачĕсене Патет-Лао чăсĕсен делегацийĕн пуçлăхĕ Суфановонг принц та çавăн пекех ырланă. Çак калаçусен результачĕсем «Лаос историйĕнче çĕнĕ самана пуçланнине пĕлтереççĕ», тенĕ вăл.

## ССР Союзĕнчи халăхсен спартакиади

Августăн 11-мĕшĕнче В. И. Ленин ячĕпе тăракан Центральлă стадионăн шыва ишмелли бассейнĕнче хĕрарăмсен 100 метрлă дистанцие месерле ишес тĕлĕшпе юлашки ăмăртăвĕ пулнă. Ăмăртура çĕршывпа спартакиада чемпионки ятне РСФСР сборнăй командин представителĕ Г. Камаева илнĕ. Унăн вăхăчĕ—1 минут та 17,2 секунд.

100 метрлă дистанцие батерфляй меслетпе ишекенсен ăмăртăвĕ вĕçленнĕ. Ăмăртура РСФСР сборнăй командин представительници З. Плишкина çĕнтернĕ.

Августăн 11-мĕшĕ çăмăл атлетсен хĕрÿллĕ ăмăртăвĕсен кунĕ пулнă. Ишсете ывăтакансем, сиккенсем, хăвăрт чупакансем хăйсен ăсталăхне кăтартнă.

800 метрлă дистанцире Ленинград спортсменĕ В. Цымбалюк çĕнтернĕ. Çак хушша вăл 1 минут та 50,3 секундра чупса тухнă.

Хĕрарăмсем хушшинче 100 метрлă дистанцие хăвăрт чупакансен юлашки ăмăртăвĕ пулнă. Спартакиада чемпионки тата СССР чемпионки ятне Ленинград спортсменки Галина Попова илнĕ. Иккĕмĕш вырăнта—В. Югова (РСФСР сборнăй команди), виççĕмĕш вырăнта—В. Крепкина (Украина).

Çавăн пекех 400 метрлă дистанцие хăвăрт чупса тухас тĕлĕшпе юлашки ăмăрту пулса иртнĕ. Çак ăмăртура тĕнче рекордсменки Н. Откаленко (Мускав) мала тухнă, спартакиада чемпионки ятне илнĕ.

Кас пулса çитнĕ тĕле арçынсем хушшинче сăнă (копьё) ывăтас тĕлĕшпе юлашки ăмăртусем пулнă. Кунта Киев спортсменĕ Цыбуленко мала тухнă. Вăл сăнна 78 метр та 58 сантиметра ывăтнă. Иккĕмĕш вырăнта—А. Горшков (Ленинград), виççĕмĕш вырăнта—Ч. Вальман (Эстони).

Химки водохранилищинче кимĕпе хăвăрт ишекенсем ултă кун хушши ăмăртнă. Августăн 11-мĕшĕнче 2 пин метр ишес енĕпе арçынсен командисен юлашки ăмăртăвĕ пулнă.

Пĕчченшерĕн ишекенсем хушшинче спартакиада чемпионĕ ятне Мускав спортсменĕ 18 çулхи Вячеслав Иванов илнĕ. Ун хыççăн Ю. Тюкалов (Ленинград), унтан вара А. Беркутов (Мускав) ишсе çитнĕ.

Кимĕпе хăвăрт ишекенсен командисен ăмăртăвĕнче вырăнсем çапла пайланнă: пĕрремĕш вырăнта—Мускав спортсменĕсем (209 очко), иккĕмĕш вырăнта—Украина спортсменĕсем. Ытти вырăнсене Ленинград, Латви командисем, РСФСР сборнăй команди, Литва тата Эстони командисем йышăннă.

Хĕрарăмсем хушшинче спорт гимнастики енĕпе пулнă ăмăртусем вĕçленнĕ. СССР чемпионки ятне Ленинград гимнастки Тамара Манина илнĕ. Иккĕмĕш вырăна Мускав спортсменки Софья Муратова йышăннă. Виççĕмĕш вырăнта — Украина командин представительници Полина Астахова.

Командăсем хушшинчи ăмăртура Украина гимнасткисен команди çĕнтернĕ. Иккĕмĕш вырăнта—Мускав команди, виççĕмĕш вырăнта—Ленинград команди, тăваттăмĕш вырăнта—РСФСР сборнăй коллективĕ, пиллĕкмĕш вырăнта—Грузи команди, улттăмĕш вырăнта—Белоруссе команди (ТАСС).

## Строительсен кунне уявлани

Августăн 12-мĕшĕнче уяв ячĕпе Шупашкарти 123-мĕш стройтрест клубĕнче çамрăк строительсен пухăвĕ пулса иртнĕ. Пухура ВЛКСМ Шупашкар хула комитечĕн секретарĕ Выростайкин юлташ ĕçре уйрăмах палăрнă çамрăк строительсене ВЛКСМ хула комитечĕн Хисеп грамотипе парса наградăланă. Ун хыççăн строительсен художествăлла пултарулăх коллективĕсем концерт панă.

* * *

123-мĕш стройтрест коллективĕ Мускавран ырă хыпар илнĕ: СССР Строительство министерстви ăна Строительсен кунĕ ячĕпе салам янă тата малашне çĕнĕ çитĕнÿсем тума сунна. Çавăнпа пĕрлех министерство трестри чи лайăх строительсене хисеплĕ ят тата значоксем парса наградăлани çинчен пĕлтернĕ. 891-мĕш УНР-ти каменщиксен бригадирне М. Степанов юлташа тата 890-мĕш УНР-ти каменщиксен бригадирне А. Волков юлташа «Хисеплĕ строитель» ятне памалла тунă.

Штукатурсен бригадирне Н. Смирнова, платниксен бригадирне И. Андрюшкина, слесарьсен бригадирне Т. Михайлова, платниксен бригадирне М. Потапова, Т. Ильин экскаваторщика, А. Иванов шофера «Социализмла ăмăрту отличникĕ» значоксем памалла тунă. Çичĕ строителе Хисеп грамоти пама йышăннă.

* * *

Августăн 11-мĕшĕнче «Чăвашстрой» трест коллективĕн пухăвĕ пулса иртнĕ. Унта трест управляющийĕ И. Куприянов юлташ «Строительсен кунĕ çинчен» доклад туса панă. Ун хыççăн кино пулнă.

Ĕçре паха тĕслĕх кăтартнăшăн трест управляющийĕ 36 çынна Хисеп грамоти парса наградăланă, вуншар çынна тав тунă. Уяв ячĕпе РСФСР Хула тата ял строительство министерстви А. Сыромятников платнике, З. Чуплыгина бригадира, Е. Смолов столяра сехет парса премиленĕ, 12 çынна Хисеп грамоти памалла тунă.

## Хăвăрт чупакан лашасен ăмăртăвĕ

Иртнĕ вырсарникун Шупашкарти ипподромра хăвăрт чупакан лашасен черетлĕ ăмăртăвĕ пулса иртрĕ, çав ăмăртусемпе сезон хупăнчĕ. Ăмăртусем пуçланас умĕн курма пынă çынсене ипподромри мĕнпур лашасене илсе тухса кăтартрĕç.

Вырсарникун пĕтĕмпе 34 лаша ăмăртса чупрĕç. Час-часах çумăр çуннипе пула чупмалли çул япăхланса кайнă пулин те чылай лашасем, дистанцие хăвăрт чупса тухса, лайăх тĕслĕх кăтартрĕç. Икĕ çулхи лашасенчен Чăвашсен государство лаша витинчи «Байдарка» тата «Мазурка» кĕсресем 1.600 метра пуринчен те хăвăртрах чупса тухрĕç. Вĕсен вăхăчĕ—2 минут та 54,5 секунд. Çав кĕсресене лаша вити директорĕ М. Мельниковпа наездник С. Горбунов тытса пычĕç.

Уйрăм лашасене 2.400 метр дистанцие чуптарчĕç. Çавăн пек ăмăртусене хутшăннă 9 лашаран чи лайăх результат Шăмăршă МТС-ĕн «Рогдай» ятлă ăйăрĕ кăтартрĕ. Вăл 2-мĕш категорилле наездник П. Фомичев тытса пынипе 2.400 метра 4 минут та 22 секундра тухрĕ. Сĕнтĕр районĕнчи «Заря» колхозăн «Мирная» кĕсри финиша унтан 2 секунд каярах çитрĕ.

Государство лаша вити ячĕпе ятарласа тунă парнешĕн виçĕ çамрăк лаша ăмăртрĕç. Çав парнене «Заряд» ăйăр çĕнсе илчĕ. Ăна М. Феоктистов ездок тытса пычĕ.

Çĕрпÿ районĕнчи «Новая жизнь» колхозăн «Предлог», çак районти «Большевик» колхозăн «Донец» тата Етĕрне районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхозăн «Диплом» ятлă ăйăрĕсем 2.400 метра чупрĕç. Сезон хупăннă ятпа тунă парнене «Диплом» ăйăр çĕнсе илчĕ. Ăна колхоз председателĕ М. Н. Князьков юлташ тытса пычĕ. Калас пулать, Маленков ячĕпе тăракан колхозра хăвăрт чупакан лашасене юратса пăхаççĕ. Кăçалхи ăмăртусене çак колхозран 7 лаша хутшăннă.

Çак колхозри «Зенит» ăйăр хăвăрт чупас тĕлĕшпе пысăк шанăç паракан лаша. Вăл икĕ çултах лайăх тĕслĕх кăтартнă. Анчах ун хыççăн чирлесе ÿкнĕ, ăна врачсем çулталăк ытла эмеллесе сыватнă. Иртнĕ вырсарникун «Зенит» сывалнă хыççăн пĕрремĕш хут чупрĕ. 1.600 метра вăл çумăр витĕр 2 минут та 56 секундра тухрĕ.

Юлашкинчен чи хăвăрт чупакан лашасем ăмăртрĕç. Сĕнтĕр районĕнчи «Заря» колхозăн «Зорька» ятлă кĕсри, пĕччен кăна чупрĕ пулин те, 1.600 метра 2 минут та 35 секундра тухрĕ. Шăмăршă районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхозăн «Жребий» ятлă ăйăрĕ—республика рекордсменĕ. Вăл 1.600 метра 2 минут та 15 секундра тухнă. Вырсарникун вăл çав дистанцие 2 минут та 30 секундра тухрĕ.

Хăвăрт чупакан лашасен ăмăртăвĕсене кăçал çичĕ хутчен ирттерчĕ. Лашасен ăмăртăвне пĕтĕмпе 10 пине яхăн çын пырса курнă.

## *Футбол енĕпе мала тухассишĕн*

Августăн 12-мĕшĕнче Шупашкарти «Энергия» спорт обществин стадионĕнче футбол енĕпе РСФСР-та мала тухмалли черетлĕ вăйă пулчĕ. Шупашкар хули футбол команди Мари АССР-ĕнчи Волжск хули командипе выляре.

Хăнасем малтанхи минутсенчех икĕ мечка тапса кĕртеççĕ. Анчах та çакăн хыççăн вĕсем урăх пĕр мечка та тапса кĕртеймерĕç. Шупашкар хулин футболисчĕсем тăватă мечка тапса кĕртрĕç. Вăйă 4:2 шутпа шупашкарсем çĕнтернипе вĕçленчĕ. Калас пулать, Шупашкар спортсменĕсем иккĕмĕш таймра лайăхрах вылярĕç.

* * *

Иртнĕ вырсарникун «Энергия» спорт обществи стадионĕнче татах икĕ вăйă пулчĕ. Футбол енĕпе Чăваш АССР кубокне илессишĕн Шупашкарти «Энергия» спорт обществипе Куславкка поселокĕн футболисчĕсем вылярĕç. Куславккасем, пысăк шутпа выляса ярса, кубок илмелли ăмăртуран тухса ÿкрĕç.

Ирхине кунта çамрăксен футбол командисем енĕпе республика кубокне илмелли ăмăрту пулчĕ. «Энергия» спорт обществин çамрăк спортсменĕсем Канаш хули футбол командине 1:8 шутпа выляса ячĕç.

Çамрăксен футбол командисем енĕпе республика кубокне илмелли ăмăртура Шупашкарти «Спартак» команди Сĕнтĕрвăрри командипе, «Динамо» команди Çĕрпÿре икĕ хут выляса, иккĕшне те выляса янă. Динамовецсен Çĕрпÿ хули командинче çитĕннисен çулне çитнĕ футболист пулнă тесе, иккĕмĕш вăйă шутне те пăрахăçа кăларма ыйту тăратма тивнĕ.

### ВОЛЕЙБОЛ КОМАНДИСЕН РЕСПУБЛИКĂРИ ĂМĂРТĂВĔ

Августăн 11-мĕшĕнче Шупашкарта волейбол командисен республикăри ăмăртăвĕ пуçланчĕ. Парад хыççăн чи малтан (арçынсем енĕпе илсен) Çĕмĕрле хулипе Вăрмар районĕн командисем вылярĕç. Вăрмар районĕн физкультурникĕсем малтанхи партие 17:15, иккĕмĕш партие 15:9 шутпа выляса илеççĕ. Анчах та малашне вĕсем лайăххах вылаймарĕç. Çĕмĕрлесем, виçĕ партие умлăн-хыçлăн выляса, Вăрмар районĕн командине 3:2 шутпа çĕнтерчĕç.

Çак командăсем хыççăн Канаш хулипе Шупашкар хулин пĕрремĕш команди (иккĕмĕш спорт разрячĕн командисем) вылярĕç. Канаш хулин волейболисчĕсем малтанхи партире 15:4 шутпа çĕнтерчĕç пулсан, тепĕр виçĕ партие выляса ячĕç. Шупашкар команди 3:1 шутпа çĕнтерчĕ.

Шупашкар хулин иккĕмĕш команди Первомайски районĕн командинчен 3:1 шутпа выляса илчĕ.

Малтанхи кун çавăн пекех Шупашкар хулинчи хĕрарăмсен волейбол командипе Канаш хули команди вылярĕç. Канашсем 0:3 шутпа выляса ячĕç.

Августăн 12-мĕшĕнче çумăрлă пулнă пирки волейболистсен ăмăртăвне «Динамо» спорт залĕнче ирттерчĕç. Ирхине пулнă вăйăсенче Çĕмĕрле хули команди Первомайски районĕн волейболисчĕсене, Шупашкар хулин пĕрремĕш команди хулари иккĕмĕш командăна çĕнтерчĕ. Çак икĕ тĕлпулура вăйă шучĕ 3:1 пулчĕ.

Унтан спорт залне Канаш хулипе Вăрмар районĕн командисем тухаççĕ. Тăрăшса вылянă хыççăн вăрмарсем 3:2 шутпа çĕнтерчĕç.

Каçхине 4 сехетре Шупашкар хулинчи хĕрарăмсен пĕрремĕшпе иккĕмĕш командисем вылянă. Ĕнер волейболистсен ăмăртăвĕ малалла пычĕ.

Редактор М. Н. ЯКИМОВ.

КИНО

«РОДИНА». Августăн 14-мĕшĕнче кăнтăрлахи сеанссенче наукăлла фильм «Анаконда», каçхи сеанссенче—илемлĕ фильм «Есть такой парень».

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-20, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—3-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—13-37, литературăпа искусство пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00384 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 2419. Тираж 29.600 экз.